ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Декабрь
11
ЭРНЕКУН
№ 241 (9150)
Хакĕ 20 пус.
36-мĕш çул тухать.

**Паянхи номерте:**



## ИНФОРМАЦИЛЛĔ ПĔЛТЕРÿ

Кăçалхи декабрĕн 9—10-мĕшĕсенче КПСС Чăваш обкомĕн черетлĕ VIII-мĕш пленумĕ пулса иртрĕ.

Пленум КПСС обкомĕн секретарĕ **Н. А. Шмаков** юлташ обласçри парторганизацире коммунистсене учета илес тата парти хуçалăхне тытса пырас ĕçри çитменлĕхсене пĕтерессии çинчен тата Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн Председатель заместителĕ **И. В. Заикин** юлташ 1954 çулхи çуракине хатĕрленсе ирттерес енĕпе обласçри парторганизацисен умĕнче тăракан задачăсем çинчен тунă докладсене итлесе сÿтсе яврĕ.

Сÿтсе явнă ыйтусем тăрăх пленум тивĕçлĕ решенисем йышăнчĕ.

## Вăрман хатĕрлемелли техникăпа туллинрех усă курар

Партипе правительство вăрман хатĕрлекен промышленноçа аталантарассишĕн куллен тăрăшаççĕ. СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ «Вăрман хатĕрлекен промышленность юлса пынине пĕтерессии çинчен» йышăннă постановленире вăрман хатĕрлевен промышленноçа социализмла халăх хуçалăхĕн малта пыракан отраслĕ туса хумалли майсене кăтартса панă.

Республикăри йывăç хатĕрлекен предприятисенчи рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем, пĕтĕм çĕршыври вăрман хатĕрлекенсем пекех, партипе правительство йышăннă постановленипе хавхаланса, тухăçлăрах ĕçлеме, хăватлă техникăпа туллин усă курма, государство çирĕплетсе панă плана ирттерсе тултарма сăмах пачĕç. Малта пыракан вăрманпромхозсен коллективĕсем панă сăмаха чыслăв пурнăçласа пыраççĕ. Механизаторсем хушшинче социализмла ăмăртăва анлă сарни, технологи процесне çĕнетсе лайăхлатни, малта пыракансен опычĕпе усă курни «Чувашлес» треста пăхăнса тăракан Çĕмĕрле вăрманпромхозне йывăç касса хатĕрлемелли тата турттарса кăлармалли çулталăкри плана срокчен тултарма май панă. Халĕ вăрманпромхоз коллективĕ ĕçе юрăхлă йывăç турттарса кăлармалли плана çитес вăхăтра тултарассишĕн, халăх хуçалăхне материалсем ытларах парассишĕн кĕрешет.

Кире тата Вăрнар вăрманпромхозĕсем те плана ăнăçлă тултарса пыраççĕ. Кашни вăрманпромхозрах плана ирттерсе тултаракан вăрман пункчĕсем, мастер участокĕсем, бригадăсем, рабочисем пур. Малта пыракан коллективсемпе производство новаторĕсен опытĕнчен çакă усçăн курăнать: кашни вăрманпромхозра усă курман резервсем нумай Государство заданийĕсене ăнăçлă пурнăçласа пырасси çав резервсемпе тĕрĕс усă курнинчен, малта пыракансен опытне анлă сарнинчен, коллективсен творчествăлла активлăхне ÿстерсе пыма тăрăшнинчен килет.

«Чувашлес» трест тата нумай предприятисен руководителĕсем Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ кăтартса панисенчен тивĕçлĕ вывод туман, республикăри вăрман хатĕрлекен промышленность юлса пынине пĕтерме çав-çавах тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. Трест декабрĕн 5-мĕшĕ тĕлне каснă йывăçа турттарса кăлармалли çулталăкри плана 79 процент, каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли плана 71 процент çеç тултарни çавна уççăн кăтартса парать те ĕнтĕ.

Тен, плана тултарма вăрманпромхозсен ĕç вăйĕ тата техника çитмест? Апла калама сăлтав çук. Декабрĕн 1-мĕшĕ тĕлне треста пăхăнса тăракан предприятисенче рабочисем плана палăртнинчен ытлашшипех пулнă. Машинăсемпе механизмсен хисепĕ те тăтăшах ÿсет. Апла пулин те трест ноябрь уйăхĕнчи плана чылай тултараймарĕ. Декабрь уйăхĕнче вара ĕç хăвăртлăхĕсем тата чакнă. Пилĕк кун хушшинче трест касса хатĕрленĕ йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли тата турттарса кăлармалли уйăхри плана тăхăр процентран та каярах тултарнă.

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ йышăннă постановленире вăрман промышленноçĕ мĕншĕн юлса пынине тĕплĕн те уççăн кăтартса панă. Трест тата вăрманпромхозсен руководителĕсем производствăна çĕнĕлле йĕркелеме, ĕçри кăлтăксемпе чăрмавсене пĕтерме татăклă мерăсем йышăнмаççĕ. Чи пысăк çитменлĕх вăл хăватлă техникăпа япăх усă курни пулать. Машинăсемпе механизмсене тĕрĕс ĕçлеттерме тата тивĕçлипе сыхласа усрама условисем туман. Механизаторсен кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлес ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен. Çакă вăл механизмсем çĕмĕрлесси патне илсе пырать тата чылай вăрманпромхозсенче машинăна хирĕçле шухăш-кăмăлсене пĕтерменнине пĕлтерет.

Пурте пĕлеççĕ. Кире вăрманпромхозĕнче Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ палăлă стахановец-тракторист М. Сысуйкин юлташ ĕçлет. Унăн паха опычĕпе меслетне сарни юлса пынă вăрманпромхоза малта пыракансен ретне тухма чылай пулăшнă. 11 уйăх хушшинче вăрманпромхозра кашни КТ-12 трактор пуçне 6,7 пин кубометр йывăç çул хĕррине илсе тухнă, задание 114 процент пурнăçланă. Çав вăхăтрах унпа пĕр пек условисенче ĕçлекен Йĕпреç вăрманпромхозĕнче кашни трактор пуçне 2,6 пин кубометр е 2,5 хут сахалтарах, Шăмăршă вăрманпромхозĕнче тата сахалтарах — трактор пуçне пĕр пин кубометр йывăç çеç çул хĕррине илсе кăларнă. КТ-12 тракторсемпе, лебедкăсемпе, крансемпе япăх усă курнипе ĕнтĕ трест касса хатĕрленĕ йывăçа механизмсемпе çул хĕррине илсе кăлармалли çулталăкри плана 61 процент çеç тултарнă.

Уйрăмах Пăрачкав вăрманпромхозĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртас пулать. Бунта машинăсемпе механизмсем час-часах ахаль лараççĕ, вĕсене вăхăтра юсамаççĕ, механизаторсем валли паха майсем туса памаççĕ. Вăрманпромхоз директорĕ Волков тата главнăй инженер Костин юлташсем вăрман хатĕрлес ĕçе механизациленĕ май пулнă улшăнусене ăнланса илмен, производствăна тĕрĕс йĕркелеме, вăрман пункчĕсене ертсе пырассине урăхлатса çĕнетме тăрăшмаççĕ.

«Чувашлес» трестăн тата вăрманпромхоз руководителĕсен механизмсемпе лайăхрах усă курас тата вĕсене юсас ĕçе йĕркелĕмелле, механизаторсен ăсталăхне тăтăшах ÿстерсе пымалла, малта пыракансен опычĕпе меслетне анлă сармалла, ĕç тухăçлăхне хăпартмалла.

Нумай вăрманпромхозсенче ĕç вăйĕпе тĕрĕс усă курмаççĕ, рабочисен чылай пайне тĕп производствăра ĕçлеттермеççĕ, пулăшакан ĕçсенче тытаççĕ. Декабрĕн 1-мĕшĕ тĕлне треста пăхăнса тăракан предприятисенче рабочисем планпа палăртнинчен виççĕр çынна яхăн ытлашши пулнă. Апла пулин те йывăç касса хатĕрленĕ тата турттарса кăларнă çĕрте планпа палăртнинчен чылай сахалтарах рабочисем пулнă. Вăрманпромхоз руководителĕсем, инженерсемпе техниксем, мастерсем рабочисене ĕçе тĕрĕс вырнаçтарма, вĕсене тухăçлă ĕçлеме, техникăна лайăхрах алла илме паха майсем туса пама тивĕçлĕ.

Çĕршыври малта пыракан вăрманпромхозсенче кашни рабочи вăтам шутпа куллен пĕрер кубометр е унтан ытларах йывăç турттарса кăларма пултартăр тесе тата циклла меслетпе усă курассишĕн социализмла ăмăрту сарăлса пырать. Çак паха пуçарупа пирĕн республикăри вăрманпромхозсенче те анлăн усă курмалла.

Вăрман хатĕрлекен промышленность юлса пынине пĕтерсе ăна малти вырăна кăларас ĕçре парти, совет, профсоюз тата комсомол организацийĕсем пысăк вырăн йышăнма тивĕç. Вĕсем техникăна лайăхрах ĕçлеттерессишĕн, производствăна пĕлсе йĕркелессишĕн, государство планне пур кăтартусем енĕпе те ăнăçлăн тултарассишĕн социализмла ăмăрту сарас тĕлĕшпе вăрманпромхоз работникĕсене активлă пулăшмалла. Уйрăмах ялан ĕçлекен рабочисемпе специалистсен кадрĕсем çителĕклĕ пулччăр тесе тăрăшмалла, вĕсене политикăлла воспитани парас ĕçе вăйлатмалла, йывăç хатĕрлекенсен материальнăй, йăла тата культура ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерессишĕн яланах тимлĕ тăрăшмалла.

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн паянхи номерĕнче Вăрнар вăрманпромхозĕн коллективĕ ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн, плана ăнăçлă тултарассишĕн кĕрешни çинчен материалсем пичетленсе тухаççĕ. Çак вăрманпромхоз пĕррремĕш çур çулта юлса пынă. Коллективра партилле-политикăлла тата партилле-организацилле ĕçе вăйлатни, предприятие ертсе пыма çĕнĕ руководительсене лартни вăрманпромхоз ĕçне чылай лайăхлатма пулăшнă. Чăн та унăн ĕçĕнче çитменлĕхсем те сахал мар. Анчах çĕнĕлле ĕçлеме тытăннипе вăл малти предприятисен ретне кĕрессе шанса тăма пулать.

Вăрманпромхозсенчи парти, профсоюз тата комсомол организацийĕсем ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме самокритикăпа яланах килекен критикăна анлă сарсан, умра тăракан задачăсене чыслă пурнăçласа пыма коллективсене мобилизацилесен йывăç хатĕрлекен ытти предприятисем те хăйсем юлса пынине пĕтерме пултараççĕ.

### Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ уçăласси çинчен

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн сессийĕ паян, декабрĕн 11-мĕшĕнче, 17 сехетре, Советсен çурчĕн ларусем ирттермелли залĕнче уçăлать.

*КПСС Центральнăй Комитетĕнче, ССР Союзĕн Министрĕсен Советĕнче, СССР Верховнăй Совет Президиумĕнче*

## Украина Российăпа пĕрлешнĕренпе 300 çул тултарни çинчен

КПСС Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ Украина Российăпа пĕрлешнĕренпе 1954 çулхи январьте 300 çул тултарнине, историри çак питĕ палăлă событие, украина халăхĕпе вырăс халăхĕн тата Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсен нацилле пысăк праçникне, анлăн палăлă тăвас тесе постановлени йышăннă.

Постановленире çапла каланă: çак чаплă событи украина халăхĕн кĕрешĕвĕ—ют çĕршывсенчи пусмăрçăсене хирĕç, пĕрлĕхлĕ Россия государствинче вырăс халăхĕпе пĕрлешессишĕн нумай ĕмĕрсем хушши пынă кĕрешÿ вĕçленсе çитни пулнă.

Украина халăхĕ, авалхи вырăс халăхĕн пĕр тымарĕнчен пуçланса кайнă, пĕр йăхран тухнă май, историри аталану çывăх тата пĕрле пулса пынă май вырăс халăхĕпе çыхăнса тăнă, яланах тăван вырăс халăхĕпе пĕрлешме тăрăшнă. Нумай вăхăт хушши Украинăна ют çĕршывсем пусмăрласа пурăннă, ăна туроксен-тутарсен ханĕсен куçса çÿрекен ордисем вăрçăпа тапăнса тата Польша шляхти пусмăрласа тискеррĕн çаратнă, тустарса юхăнтарнă. Украина халăхĕ, хăйне пĕтерсе хурас хăрушлăхра пурăнса, ют çĕршывсенчи пусмăрçăсене хирĕç пĕрмаях кĕрешнĕ.

1648—1654 çулсенчи ирĕклĕхшĕн пынă вăрçăра украина халăхĕ, питĕ палăлă государство деятелĕ тата полководец Богдан Хмельницкий ертсе пынипе, Украинăна Польша шляхтин пусмăрĕнчен хăтарассишĕн, Украинăна Российăпа пĕрлештерессишĕн паттăррăн кĕрешнĕ. Богдан Хмельницкий, украина халăхĕ вырăс халăхĕпе тачă союзлă пулма тăрăшнине палăртса тата Украина государственноçĕ пулса тăрассине пуçарса пырса, унăн задачисемпе малашлăхне тĕрĕс ăнланса, украина халăхĕ аслă вырăс халăхĕпе пĕрлешсен тин çăлăнса юлма пултарнине курнă,—çакă пулать ĕнтĕ Богдан Хмельницкин историри пысăк та чаплă ĕçĕ.

Ирĕклĕхшĕн пынă вăрçăри ĕçе татса паракан тĕп вăй пусмăрти хресченсем пулнă, вĕсем Украинăна ют çĕршывсен пусмăрĕнчен хăтарассишĕн кĕрешнĕ тата феодал-крепостниксен социальнăй пусмăрне хирĕç тăнă. Украина халăхĕ Польша шляхтине хирĕç кĕрешнине кăмăлласа ырласси Польшăра хресченсем хушшинче анлăн сарăлнă, вĕсем Польшăри феодалсен пусмăрĕнче асапланнă Вырăс государстви тата уйрăмах Российăри халăх массисем пĕрмаях хута кĕрсе пулăшнипе ирĕклĕхшĕн пынă вăрçăра халăх юхăмĕ анлăн сарăлнă тата вăл питĕ палăлă çитĕнÿсем тунă.

Пĕтĕм халăхăн çак кĕрешĕвĕ Переяславльти рада 1654 çулхи январĕн 8(18)-мĕшĕнче Украина Российăпа пĕрлешесси çинчен решени йышăннипе вĕçленнĕ, ку решени ирĕклĕхе юратакан украина халăхĕ хăйĕн шухăш-кăмăлне хăватлăн кăтартни, хăйĕн ĕмĕрхи туртăмĕсемпе шанчăкне палăртни тата унăн пурнăçĕнчи пысăк улшăну тапхăрĕ пулнă. Украина халăхĕ хăйĕн кун-çулне ĕмĕрлĕхех пĕртăван вырăс халăхĕпе, яланах хăйне шанчăклă хÿтĕлекен тата союзник тесе шутланă халăхпа, çыхăнтарнă, çапла вара хăйне, хăй наци пулса пурăнассине çăлса тата сыхласа хăварнă.

Украина Российăпа пĕрлешни, ун чухнехи вăхăтра Российăра патша тата помещиксем пуç пулса пурăннă пулин те, украина халăхĕпе вырăс халăхĕ политика, экономика тата культура тĕлĕшпе малалла аталанас енĕпе питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ прогрессивлă ĕç пулнă. Икĕ аслă славян халăхĕсем пĕрлешни, царизм, вырăс тата украина феодалĕсемпе буржуазийĕ реакцилле политика тытса пынă пулин те, Российăри тата Украинăри халăхсене çывхартнă, вĕсем тулашри мĕнпур тăшмансене хирĕç, пĕрлехи пусмăрçăсене хирĕç, крепостниксемпе буржуазие хирĕç, царизма тата капитализмла чуралăха хирĕç пĕрле кĕрешме пĕртен-пĕр тĕрĕс çул суйласа илнĕ.

Патшан нацилле-колонилле тискер пусмăрлă реакцилле политикине хирĕç тăрса, вырăс халăхĕн чи лайăх ывăлĕсем Украинăн никама пăхăнман наци пулса пурăнма право пуррине йышăннă тата вĕсем, украина халăхĕн малта пыракан деятелĕсемпе пĕрле, вырăс тата украина помещикĕсемпе буржуазийĕ тата вĕсене пулăшакансем—великодержавнăй шовинистсемпе украина националисчĕсем тытса пынă политикăна хирĕç—Российăри халăхсене пĕр-пĕринпе хирĕçтернĕ намăслă политикăна хирĕç кĕрешнĕ.

Пусмăрçăсене хирĕç тата вырăс çĕрĕсемпе Украина çĕрĕсене туртса илес тесе тапăннă ют çĕршыв захватчикĕсене хирĕç пĕрле кĕрешнĕ никĕс çинче икĕ аслă тăванла халăхсен никам пăсайми çирĕп туслăхĕ аталанса, тĕреклент пынă. Çак туслăха пула тунă аслă çитĕнÿсем Украина Российăпа пĕрлешнин историлле пĕлтерĕшне буржуалла-националистла пăсса хак панин халăха хирĕçле тĕп шухăшне яр-уççăн тата ĕненмелле тăрă шыв çине кăлараççĕ, буржуалла националистсем украина халăхĕн, вырăс халăхĕн тата Совет Союзĕнчи ытти мĕнпур халăхсен никам пăсайми çирĕп туслăхне хавшатма тата çĕмĕрме хăтланни пĕтĕмпех путланса пынине уççăн кăтартса параççĕ.

Тĕнчери чи революцилле пролетариат—Российăри пролетариат тата унăн кĕрешÿри авангарчĕ—Коммунистсен партийĕ истори аренине тухни вырăс халăхĕн, украина халăхĕн тата Российăри ытти мĕнпур халăхсен малашнехи аталанăвĕнче ĕçе татса паракан вырăн йышăннă.

Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе Российăри халăхсем, Октябрьти Социализмла Аслă революци туса, капитализмла чуралăх сăнчăрĕсенчен хăтăлчĕç тата халăхсене социализм тумалли çул уçса пачĕç. Украина халăхĕ вырăс халăхĕ хыççăн пуринчен малтан социализм çулĕпе пыма тытăнчĕ, хăйĕн ĕмĕрхи ĕмĕтне, юлашкинчен, пурнăçа кĕртрĕ, хăйĕн нацилле Украина государствине туса хучĕ, çакăнпа хăйĕн историйĕнчи çĕнĕ тата чăннипех чаплă тапăхра пуçласа ячĕ.

Вырăс халăхĕпе украина халăхĕн тăванла союзĕ тата туслăхĕ Октябрьти Социализмла Аслă революцире, шалти контрреволюципе ют çĕршывсен вăрçăллă интервенцине хирĕç пулнă граждан вăрçин вут-çулăмĕнче, социализм строительствинче, фашистла нимĕç захватчикĕсене хирĕç пулнă Аслă Отечественнăй вăрçăри историлле çапăçусенче çирĕпленсе, тĕрекленсе пычĕ.

Совет Союзĕнчи халăхсем пĕтĕм тĕнче историйĕнче палăрса тăракан пысăк çĕнтерÿсем тунипе, ленинла-сталинла наци политикине пурнăçласа пынипе украина халăхĕ наци тĕлĕшĕнчен хăватлăн аталанма, Украинăн пĕтĕм çĕрĕсене пĕрлĕхлĕ Украина Советлă Социализмлă государствинче пĕрлештерме пултарчĕ.

Вырăс халăхĕпе украина халăхĕ экономикăпа культура строительствинче питĕ пысăк çитĕнÿсем турĕç, халĕ, хамăр çĕршыври мĕнпур тăванла халăхсемпе пĕрле, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе коммунизм çулĕпе шанчăклăн малалла каяççĕ.

Украина халăхĕпе вырăс халăхĕ, Совет Союзĕнчи халăхсем пурте ĕмĕрлĕхех çирĕп туслă пулни украина халăхĕ, Совет Союзĕнчи ытти пĕтĕм халăхсем пекех, никама пăхăнман тата ирĕклĕ наци пулса пурăнмалли, нацилле культурăна чечеклентерсе тата аталантарса пымалли никĕс пулса тăрать.

КПСС Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ хăйсен постановленийĕнче вырăнсенчи партипе совет организацийĕсене историри палăлă событие—Украина Российăпа пĕрлешнĕренпе 300 çул тултарнине, нацилле пысăк праçник тесе шутласа, анлăн палăлă тума, пирĕн Тăван çĕршыв историйĕнчи çак пысăк событи çинчен тата Совет Союзĕнчи халăхсен туслăхне малалла çирĕплетсе пырасси çинчен лекцисем, докладсем тата калаçусем организацилеме хушнă.

## Инженерсемпе техниксем МТС-сене ĕçлеме каяççĕ

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен пысăк пĕлтерĕшлĕ решени йышăнчĕ. Партипе правительство чĕнĕвне йышăнса çĕршыври промышленность предприятийĕсенче ĕçлекен пиншер инженерсемпе техниксем МТС-сене ĕçлеме каяççĕ.

Çак кунсенче пирĕн республикăри МТС-сенче ĕçлеме Горький хулинчи тата Горький облаçĕнчи промышленность предприятийĕсенче ĕçлекен инженерсемпе техниксен пĕр пысăк ушкăнĕ килсе çитрĕ. Горький облаçĕнчен пирĕн республикăна пурĕ 68 специалист килмелле. Паянхи куна 44 инженер тата техник килсе çитнĕ те ĕнтĕ. Вĕсене МТС-сенче главнăй инженер-контролерсем, мастерской заведующийĕсем, аслă механиксем, участоксенчи механиксем пулма çирĕплетнĕ.

Вĕсенчен пĕр ушкăнĕ «Коммунизм ялавĕ» редакцине хăйсен шухăш-кăмăлĕсем çинчен çырса пĕлтерчĕç.

Горький хулинчи Молотов ячĕпе тăракан заводра ĕç организацийĕпе ĕç укçи бюровĕн начальникĕ пулса ĕçленĕ Федор Андреевич Суворов тата участок мастерĕ пулса ĕçленĕ Федор Иванович Беспалов юлташсем çапла çыраççĕ:

— Партипе правительство ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн тăрăшнипе хавхаланса, КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ ялхуçалăхне вăйлатас тĕлĕшпе йышăннă решенисен пысăк пĕлтерĕшне ăнланса, эпир, промышленноçра ĕçлекен специалистсем, МТС-сенче ĕçлеме килĕшрĕмĕр.

Суворов юлташа Муркаш МТС-ĕн, Беспалов юлташа Элĕк МТС-ĕн мастерской заведующийĕсем пулса ĕçлеме çирĕплетнĕ.

Контроль мастерĕ пулса ĕçленĕ, халĕ Сурмайлан МТС-ĕн инженер-контролерĕ пулса ĕçлеме çирĕплетнĕ Валентин Васильевич Чилин юлташ çапла çырать:

— КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ хамăр çĕршывăн ялхуçалăхне малалла аталантарса вăйлатас тĕлĕшпе пысăк задача кăларса тăратрĕ. Парти чĕнсе каланине пĕтĕм совет халăхĕ ырласа йышăнчĕ. Çĕршер çамрăк инженерсемпе техниксем МТС-семпе колхозсенче ĕçлеме тухса каяççĕ. Эпĕ те, хамăр çĕршыври ытти специалистсем пекех, МТС-а ĕçлеме кайма килĕшрĕм.

— Партипе правительство чĕннипе эпĕ МТС-ра ĕçлеме килĕшрĕм, — тет Евгений Владимирович Тамаров юлташ. — Мана Комсомольски МТС-ĕн выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçсене механизацилес тĕлĕшпе аслă механик пулма уйăрса лартрĕç.

Чăваш республикине киличчен эпĕ «Двигатель революции» заводра детальсене вырăна тухса вырнаçтарса лартакан шеф-монтер пулса ĕçленĕ.

Сурмайлан МТС-ĕн главнăй инженерĕ пулма çирĕплетнĕ Лель Сергеевич Зайцев юлташ çапла çырать:

— 1951 çулта эпĕ Горький хулинчи политехнически институтран вĕренсе тухрăм. Вĕренсе тухнă хыççăн мана фрезер станокĕсем тăвакан завода ĕçлеме ячĕç. Унта мастер пулса ĕçлерĕм.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановлене вуласа тухнă тата унпа тĕплĕн паллашнă хыççăн эпĕ, хамăран ытти юлташсем пекех, МТС-а ĕçлеме кайма шут тытрăм.

КПСС Горький обкомĕ манăн шухăшпа килĕшрĕ.

Эпĕ хамăн пĕтĕм вăйя, пултарулăха партипе правительство йышăннă историллĕ решенисене пурнăçлас ĕçе парăп.

Семен Иванович Акимов юлташ та пирĕн республикăна киличчен Горький хулинчи фрезерсем тăвакан заводра ĕçленĕ. Халĕ вăл Вăрмар МТС-не МТМ заведующийĕ пулса ĕçлеме тухса кайрĕ. Вăл хăйĕн çырăвĕнче çапла калать:

— Заводра ĕçлесе пухнă хамăн пĕтĕм опыта, пĕлĕве партипе правительство йышăннă решенисене пурнăçлас ĕçе пама пулатăп. Çапла тунипе Коммунистсен партийĕ шанса тăнине тÿрре кăларăп.

МТС-сене ĕçлеме каякан инженерсемпе техниксен çырăвĕсенче вĕсем хамăрăн социализмла Тăван çĕршыва, хамăрăн юратнă Коммунистсен партине вĕçĕмсĕр парăнса тăни, вĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă решенисене, СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ йышăннă постановленисене пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешме хатĕр тăни яр-уççăн курăнать.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Чăваш АССР-ĕнчи МТС-сенче ĕçлеме килнĕ инженерсемпе техниксем (сулахайран сылтăмалла) — пĕррремĕш рет: А. Г. Ивонин, С. И. Акимов, Е. В. Тамаров, Ф. И. Беспалов. Иккĕмĕш рет: Ф. А. Суворов, Л. С. Зайцев, В. Г. Мизинов, В. В. Чилин, Н. А. Чинчук юлташсем.
А. КОСТИН фотоÿкерчĕкĕ.

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# КПСС Калинино райкомĕ ялхуçалăх кадрĕсемпе çителĕксĕр ĕçлет

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн постановленийĕ ялхуçалăх умне лартнă задачăсене татса парасси пуринчен ытла кадрсенчен килет. Анчах çакна КПСС Калинино райкомĕ шута илмест, вăл ялхуçалăх кадрĕсемпе çителĕксĕр ĕçлет. Юлашки султалăк сурă хушшинче ялхуçалăх работникĕсен хисепĕнчен 40 проценчĕ улшăннă. Машина-трактор станцийĕнчи механизаторсемпе ытти специалистсен шутĕнчен виçĕ пайĕнчен пĕр пайĕ улшăннă. Улшăннă работниксенчен 61 çын хăйсене шанса панă ĕçре султалăк та ĕçлеймен. Çавăн пирки ĕнтĕ хăшпĕр участоксенчи ĕçсем япăхса кайнă. Акă, хăшпĕр трактор бригадисенче прицепщиксем вĕçĕ-хĕррисĕр улшăнса тăнă, çавна пула вĕсем тракторпа тумалли ĕçсен планне тултарман.

Колхозри пĕтĕм ĕç ăнăçлă пуласси колхоз председателĕ обществăлла хуçалăха пĕлсе ертсе пынинчен килет. Çавăнпа та председатель пулма пултаруллă çынсем суйласа илме тăрăшмалла. Калинино районĕнче колхоз председателĕсем пулма час-часах ĕçре хăйне палăртман, е унччен малтан урăх ĕçре айăпланнă çынсене лартаççĕ. Сăмахран, парти райкомĕ Шорников юлташа «Знамя коммунизма» колхоз председательне суйлама сĕннĕ. Анчах Шорников юлташ ĕçе тытăнсан, вăл пысăк хуçалăха ертсе пыма пултарайманни лайăх курăннă. Парти райкомĕ часах Шорников юлташа ĕçрен хăтарасси çинчен ыйту лартнă.

Кадрсене уйăрса лартсан вĕсене ĕçре пулăшса, вĕрентсе пымалла. Калинино районĕнче ун пек йĕрке йăлана кĕмен. Кунта кадрсене уйăрса лартаççĕ те кайран вĕсем çинчен манаççĕ.

1951 çулта парти райкомĕ Шверник ячĕпе тăракан колхоза çирĕплетес шутпа унта хăшпĕр организацилле ĕçсем туса ирттернĕ, колхоз председательне суйлама Рыбаков зоотехника сĕннĕ. Рыбаков юлташ, ертсе пырас ĕçре унччен ĕçлеменскер, малтанхи вăхăтра йăнăшсем тунă, унченхи ситменлĕхсене те пĕтереймен. Çавна пула колхозри ĕçсем кая юлма пуçланă. Парти райкомĕ, Рыбаков юлташăн йăнăшĕсене шута илсе, вĕсене тÿрлетме пулăшас вырăнне, ĕçрен хăтарма йышăннă. Колхоз председателĕ пулма Матвеев юлташа сĕннĕ. КПСС райкомĕпе райсовет исполкомĕ малтанхи пекех председателе колхоза ертсе пырас ĕçре нимĕнле пулăшу та паман. Пĕрре кая юлнă колхоза мала кăларма Матвеев юлташ тем пек тăрăшсан та ĕç нимĕн чухлĕ те мала кайман. Парти райкомĕ ĕç малалла кайманнине курсан, ку председателе те ĕçрен хăтарттарнă.

Çак фактсенчен тивĕçлĕ вывод туса, парти райкомĕн Шверник ячĕпе тăракан колхозра председатель пулма çирĕп коммуниста лартмалла пулнă. Анчах та райком ун пек ĕçпе чăрманман. Каярахпа председатель пулма Матросов юлташа, хăйне тĕрĕс тыткаламаншăн малтанхи ĕçрен хăтарнăскере, суйланă. Парти райкомĕ çак ĕçĕн айккинче пăхса тăрса юлнă. Матросов колхоз хуçалăхне тĕреклетессишĕн чĕререн тăрăшмасть, ĕç вăхăтне ĕçкĕсенче çÿресе ирттерет.

Ворошилов ячĕпе, Ленин ячĕпе тăракан тата «Знамя коммунизма» колхозсенче те председательсем икĕ-виçĕ хут улшăннă.

Практикăра эпир яланах çакна куратпăр: кам та кам куллен вĕренсе хăйĕн политикăлла пĕлĕвне ÿстерсе пырать, хăйне шанса панă ĕçе те çав çын тĕплĕн туса пырать. Калинино районĕнче çакна асра тытмаççĕ. Ялхуçалăхĕнчи ответлă работниксен политикăлла вĕренĕвне кунта кирлĕ пек йĕркелемен. Колхоз председателĕсем Слонов, Матросов юлташсем хăйсен теорилле пĕлĕвне ÿстерес тĕлĕшпе нимĕн те тумаççĕ. Политикăлла пĕлĕвĕсене хăпартман пирки ĕнтĕ хăшпĕр колхоз председателĕсем колхозсене кивĕ меслетпе ертсе пыраççĕ, хăйсен ĕçри ситменлĕхсене курмаççĕ. Сталин ячĕпе тăракан колхоз председательне Филиппов юлташа кăçалхи октябрь уйăхĕнче ĕçрен хăтарасси те çавăн пирки пулса тухрĕ. Филиппов юлташăн ку ĕçе ертсе пыма пĕлÿлĕхĕ те çителĕклĕ, практикăлла ĕç опычĕ те пур, анчах та вăл хăйĕн политикăлла пĕлÿлĕхне ÿстерсе пыман пирки хăйĕн йăнăшĕсене, ĕçри ситменлĕхĕсене курми пулнă, вара вăл ертсе пыракан ĕç япăхса кайнă.

Парти райкомĕ хăшпĕр чухне ĕççынни массисен шухăш-кăмăлне шута илмест. Уйрăм работниксен ситменлĕхĕсем çинчен, вĕсен ĕçри йăнăшĕсем çинчен ĕççыннисем парти райкомне пĕлтерсех тăраççĕ, анчах райком работникĕсем ĕççыннисен сĕнĕвĕсем çине туйăмсăр пăхаççĕ, вĕсенчен кирлĕ вывод туса ĕçе çийĕнчех тÿрлетме тăрăшмаççĕ. Ворошилов ячĕпе тăракан артельти колхозниксем колхоз председателĕ Ильин юлташ ялхуçалăх артелĕн Уставне пăсни çинчен вăхăтра пĕлтернĕ. Парти райкомĕ председатель ĕçне тĕрĕслене, колхозниксем ун çинчен тĕрĕс пĕлтернине курнă. Çапах та Устава пăснăшăн Ильин юлташа çийĕнчех çирĕп ответ тыттарман, çавна кура вăл иртĕнсех кайнă. Колхозниксем ун çинчен татах пĕлтернĕ, райком каллех нимĕн те туман. Ильин йĕркерен тухса кайсан çеç райком ăна ĕçрен хăтарасси çинчен ыйту лартнă.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ пулнăранпа вăхăт нумай иртрĕ, анчах кадрсем суйласа илес ĕçре Калинино райкомĕ Пленум йышăннă постановленине çителĕксĕр пурнăçлать.

Колхоз председателĕсем хушшинче ялхуçалăх специалисчĕсем питĕ сахал, вăтам шкул пĕтернисем те иккĕн çеç. Çавăн пекех пуçламăш парторганизацисен секретарĕсем пулса сахал вĕреннĕ çынсем ĕçлеççĕ.

Колхоз руководителĕсем хушшинче пысăк опытлă çынсем те нумай мар. Правленисен председателĕсен 50 проценчĕ, пуçламăш парторганизаци секретарĕсенчен виçĕ пайĕнчен пĕр пайĕ пĕрремĕш çул çеç ĕçлеççĕ Парти райкомĕ вĕсене воспитани парас тата вĕсен пĕлÿлĕхне хăпартас тĕлĕшпе сахал ĕçлет, колхоз председателĕсемпе ирттерекен семинарсем вĕсен ыйтăвĕсене тивĕçтермеççĕ. Çавăн пекех КПСС райкомĕ юлашки виçĕ уйăх хушшинче колхозри ответлă участоксенче ĕçлекен работниксен составне çирĕплетес тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнман. Вылăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсем хушшинче коммунистсемпе комсомолецсем сахал.

Машина-трактор станцинче 9 комбайнерпа 42 тракторист çитмест. Парти райкомĕ малтанхи çулсенче трактористсем пулса камсем ĕçленине пĕлмест; пĕлнисене те каялла илсе пырассишĕн тăрăшмаççĕ. МТС-ри ялхуçалăх специалисчĕсене колхозсем çумне çирĕплетнĕ, анчах вĕсем ĕçе кирлĕ пек тума тытăнман. Энгельс ячĕпе, Булганин ячĕпе тăракан, «1-ое Мая», «Родина» колхозсенче ку таранччен те агротехникăпа зоотехника курсĕсем ĕçлеме пуçламан. Нумай колхозсенче агрономсемпе зоотехниксен ĕç вырăнĕ çук, кваттер тупса паман пирки хăшпĕр специалистсем темиçе çухрăмран пырса çÿреççĕ.

Парти райкомĕн ялхуçалăхĕнче ертсе пыракан кадрсене суйласа илес тата вĕсене воспитани парас енĕпе ытларах ĕçлемелле. Кадрсемпе ĕçлесси парти райкомĕпе пуçламăш парторганизацисен ĕçĕнче яланах тĕп вырăнта пулмалла.

**К. ВАНЮШКИН.**

## Хаçат-журнал хăй тĕллĕнех саралассa кĕтеççĕ

ВĂРМАР. Колхозниксен пурнăçĕ лайăхланнăçемĕн лайăхланса пырать, ял çыннисен культури ÿсет. Çавна май хаçат-журнал çырăнса илекенсем те йышланса пыраççĕ. Çапла пулин те хаçат-журнал сарас ĕç хăй тĕллĕн пулса пыма пултараймасть. Ку енĕпе почтальонсен те, обществăлла организацисен те çине тăрсах ĕçлемелле. Анчах Вăрмар районĕнче ку енĕпе кирлĕ пек ĕçлеççĕ теме çук-ха.

Районта «Советская Чувашия» тата «Коммунизм ялавĕ» хаçатсем сарма палăртнинчен çурри ытларах, «Молодой коммунист» тата «Çамрăк коммунист» хаçатсем çуррийчен те сахалрах сарнă. Çавăн пекех ытти хаçат-журналсене сарас ĕç те юлса пырать.

Ĕç çакăн пек юлса пынин сăлтавĕ ăçта-ха? Мĕн чăрмантарать кунта?

Хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе «Союзпечать» уйрăмĕн районти организаторĕ А. Михайлов юлташ начар ĕçлемест. Вăл ку ĕçе юратать, тăрăшса туса пырать, почтальонсемпе темиçе хутчен калаçу ирттернĕ, ялсене те тухса çÿрет. Анчах пĕччен мĕн тума пултартăр-ха вăл?

Хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе КПСС райкомĕ те, ВЛКСМ райкомĕ те, райисполкомăн культура пайĕ те тÿрремĕнех ĕçлемелле ĕнтĕ. Çакăн çинчен районти работниксем аван пĕлеççĕ.

КПСС райкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕ «Союзпечать» организаторĕнчен 5 кунта пĕрре сведени илсе тăрать, пайăн заведующийĕ Мидаков юлташ А. Михайлов юлташа чĕнсе ятласа та пăхать. Кунсăр пуçне урăх нимĕн те туни сисĕнмест. КПСС райкомĕн работникĕсем ялсене кайсан ку ĕç çинчен ăса та илмеççĕ, пуçламăш парторганизаци секретарĕсем те хаçат-журнал сарас ĕçе хутшăнмаççĕ. Сăмахран, Вăтакас ялĕнче хаçат-журнал сарас ĕç çав тери юлса пырать. Пуçламăш парторганизаци секретарĕ ку енĕпе нимĕн те тумасть.

ВЛКСМ райкомĕн секретарĕ Борцов юлташ хаçат-журнал сарас ĕçрен пăрăнса тăрать. Райкомăн ытти работникĕсем те çамрăксем хушшинче хаçат-журнал сарас ĕçпе интересленмеççĕ.

Райисполкомăн культура пайĕ вара ку ĕçре нимĕнле ответлăх та туймасть.

Кунта районти хаçата сарас тĕлĕшпе те начар ĕçлеççĕ. Ку таранччен çитсе 844 экземпляр кăна сарнă. Районти хаçат редакцинчи работниксем хаçат сарас тĕлĕшпе ялсене сахал тухса çÿреççĕ. Поселокри Осипенко ячĕпе тăракан артельте хаçат пачах çырăнман, механизированнăй карьерти работниксем хушшинче те хаçат-журнал сарман. Çак организацисем районти хаçат редакцинчен, ВЛКСМ райкомĕнчен 200—300 метрта кăна пулин те, унта пĕр ответлă работник та пырса кайман-ха.

Хаçат-журнал сарма тивĕçлипех тытăнмалла.

**В. АЛЕНДЕЙ.**

## СОВЕТ СТРОИТЕЛЬСТВИ

# Ял Совечĕ—хуçалăхпа культура строительствин организаторĕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ ял Совечĕсен ăмăртăвĕн итогĕсене пăхса тухса, Элĕк районĕнчи Ехремкасси ял Совечĕ лайăх ĕçленине палăртнăччĕ. Ял Совечĕ тăваттăмĕш кварталта та умра тăракан хуçалăхпа политикăлла задачăсене вăхăтра пурнăçласа пырать.

Ял Советне пурĕ тăватă ял кĕрет. Çак ялсенчи пĕчĕк колхозсене пĕрлештерсе пĕр пысăк колхоз туса хунă. Кунсăр пуçне 7 çул вĕренмелли шкул, пуçламăш шкул, медицина пункчĕ пур. Çак учрежденисемпе организацисем мĕнле ĕçленине, вĕсем хăйсем умĕнче тăракан задачăсене мĕнле пурнăçласа пынине яланах пĕлсе тăрса, вĕсене ĕçре ертсе пырас пулать. Çак пархатарлă ĕçе туса пыма çăмăл мар. Ĕççыннисемпе яланах тачă çыхăнса тăни тата вĕсене совет ĕçне активлăн хутшăнтарни ял Совечĕн ĕçне лайăхлатма май парать.

Г. Рыжков, П. Быков, Ф. Семенов депутатсем колхозсене организациленĕренпех колхоз производствинче чĕререн тăрăшса ĕçлеççĕ, обществăлла хуçалăха тĕреклетме нумай пулăшаççĕ. Г. Рыжков депутат темиçе çул хушши ĕне фермин заведующийĕ пулса ĕçлет. Вăл ĕнесене зоотехника кăтартнă пек пăхать тата фермăра ĕçлекен ытти колхозниксене те çавăн пек ĕçлеме вĕрентет. Ĕнесем пăхнă çĕрте 15 хĕрача ĕçлет. Вăл хĕрачасене час-часах пухса канашлусем ирттерет. Ĕнесенчен сĕт суса илесси иртнĕ çулхипе танлаштарсан 2,5 хут ÿснĕ. Ял Совет депутачĕ В. Мешкова ку ĕçре малта пырать. Вăл кăçалхи 11 уйăх хушшинче хăйне çирĕплетсе панă ĕнесенчен 1.500-шер литр ытла сĕт суса илчĕ. П. Быков колхозра сад ÿстерес тĕлĕшпе ĕçлет. Вăл тăрăшнипе кунта 10 гектар çинче пысăк сад турĕç. Кăçал колхоз çамрăк улмуççисем сутса 80 пин тенкĕ тупăш илчĕ.

С. Шлябин депутат—«Правда» колхоз председателĕ, вăлах яланхи ялхуçалăх комиссине ертсе пырать. Комисси ларăвĕсем вăхăтра пулса иртеççĕ. Кăçал колхоз япăх мар тырпул туса илчĕ. Ялхуçалăх ĕçĕсене вăхăтра туса пĕтерчĕ. Колхоз техникăлла культурăсенчен тупăш нумай илет. Курăк вăррисем, сÿс-кантăр тата кантăр вăрри парса колхоз 400 пин тенкĕ ытла тупăш илчĕ. Вылăх-чĕрлĕхрен илекен тупăш та 160 пин тенке çитрĕ.

Колхоз кăçал грузсем турттармалли «ГАЗ-51» автомашина, «ДСС-3» электростанци, пĕр кормокухня тата ытти ялхуçалăх машинисем туянчĕ.

Ял Совечĕ ĕççыннисем хушшинче массăлла-организацилле ĕçе чылай лайăхлатрĕ. Сессисемпе исполком ларăвĕсене вăхăтра тата малтанах тĕплĕн хатĕрленсе ирттереççĕ. Кашни депутат сÿтсе явмалли ыйтусене хатĕрлеме активлă хутшăнать. Ялхуçалăх ĕçĕсем çинчен, суйлавçăсен наказĕсене пурнăçласси çинчен темиçе хутчен те сÿтсе явнă, конкретлă решенисем йышăннă. Кĕрхи тырăсене агротехника кăтартнă пек акса хăварнă, çуркунне акма сортлă таса вăрлăх çителĕклĕ хатĕрлесе хунă. Колхоз çитес çул усă курма минераллă удобренисем нумай илсе киле Кунсăр пуçне исполком ларăвĕсенче халăха вĕрентес ĕç, сывлăха сыхлас ĕç мĕнле тăни çинчен те сÿтсе яваççĕ.

Суйлавçăсен наказĕсене пурнăçласа, шкул тавра карта тытнă, унта çĕршер йывăç лартнă, шкул çурчĕсен çийĕсене сăрланă, пĕр бригадăра колхозниксен пур килĕсене те радио кĕртнĕ, ялсенче çĕнĕ кĕперсем тунă. Трахомăпа чирлекенсенчен чылайăшне сыватнă. Ялта çĕнĕ библиотека уçнă, ăна валли 2 пине яхăн кĕнеке туяннă. Кăçал кĕркунне кашни колхозник килĕ çумĕнчех садсем тума 10-шар улмуççи лартса хăварнă.

Финанс планне тултарас тĕлĕшпе ял Совечĕ кашни çулах ăнăçлă ĕçлесе пырать, ялти учрежденисем валли вăхăтра укçа парса тăрать.

Ял Советне ĕçре коммунистсемпе комсомолецсем нумай пулăшаççĕ Вĕсем халăх хушшинче докладсем, лекцисем, калаçусем чылай ирттереççĕ. Партипе правительство юлашки вăхăтра йышăннă постановленисемпе çыхăннă ыйтусем тăрăх докладсемпе лекцисем час-часах пулаççĕ.

Ял Совечĕ ăнăçлă ĕçлесси ял Совет депутачĕсем хăйсен политикăлла пĕлĕвĕсене, культурăлла шайне ÿстерес тĕлĕшпе ырми-канми ĕçленинчен килет. Кунта депутатсем пуçламăш парторганизаци çумĕнчи политшкулпа парти историне вĕренмелли кружокра вĕренеççĕ Вĕсене парторганизаци секретарĕ И. Яхваров тата шкул директорĕ П. Емельянов юлташсем ертсе пыраççĕ. Вĕренекенсем конспектсем йĕркеллĕ çырса пыраççĕ, калаçусене активлă хутшăнаççĕ.

Ял Совет депутачĕсем ĕçре те, вĕренÿре те лайăх пример кăтартаççĕ. халăх шанăçне кулленхи ĕçпе тÿрре кăлараççĕ.

**А. МЕШКОВ.**
**А. ОРЛОВ.**

## Партбюро ĕçне лайăхлатмалла

КПСС Улатăр хула комитечĕ, йывăç япаласем тăвакан комбинатри парторганизаци бюровĕн отчетне итлесе, пуçламăш парторганизаци ĕçĕнчи пысăк ситменлĕхсене палăртрĕ.

Комбинатри партбюро КПСС Уставĕ тăрăх администраци ĕçне тĕрĕслеме панă правăпа çителĕксĕр усă курать, парторганизаци ĕçне лайăхлатма сахал тăрăшать Администраци ĕçне тĕрĕслесе тăманни производствăра хытах палăрать. Комбинат продукци туса кăлармалли плана тултарса пымасть.

Бюро ларăвĕсем сайра хутра кăна пулса иртеççĕ Вĕсенче пуринчен ытларах уйрăм коммунистсем хăйсене мĕнле тытканни çинчен сÿтсе яваççĕ. Бюро членĕсене уйрăм ĕçсемшĕн ответлă пулма çирĕплетмен.

Политикăлла-массăлла ĕçре пысăк ситменлĕхсем пур. Бюро парти вĕренĕвне, çавăн пекех цехсенчи партгруппăсен, ирĕклĕ обществăлла организацисен ĕçне çителĕксĕр ертсе пырать.

КПСС хула комитечĕн бюровĕ комбинатри парторганизаци бюровне ситменлĕхсене хăвăртрах пĕтерме хушрĕ. Партбюро ларăвĕсене тăтăшах ирттермелле. Парторганизацин шалти ĕçĕсемпе комбинатри производство ыйтăвĕсем çинчен бюро ларăвĕсенче сÿтсе явмалла. Партбюро, комбинат руководителĕсемпе уйрăм участоксене ертсе пыракан работниксенчен производство планĕсем мĕнле пурнăçланса пыни çинчен, механизмсемпе мĕнле усă курни, рационализаторла сĕнÿсене пурнăçа кĕртсе пыни, продукци пахалăхне лайăхлатни тата унăн хăйне ларакан хакне йÿнетсе пыни çинчен отчетсем итлемелле. Парторганизацире партилле-политикăлла тата организацилле ĕçсене лайăхлатас тĕлĕшпе партбюро членĕсен ответлăхне ÿстерсе пыни кирлĕ.

Çак комбинатри партбюро ĕçĕнчи пек ситменлĕхсем хулари ытти чылай парторганизацисен ĕçĕнче те пур. Çавăнпа хула комитечĕ парторганизаци секретарĕсен семинарне ирттерме, семинарта партбюро ĕçĕсене мĕнле туса пымалли çинчен тĕплĕн сÿтсе явма палăртнă.

**Н. САВЕЛЬЕВ.**

## Кантăртан пысăк тупăш

ÇĔРПУ. Мичурин ячĕпе тăракан колхоз кăçал государствăна кантăр вăрри чылай пачĕ. Çакăншăн вăл 68 пин тенкĕ ытла укçа, 330 центнер тулă, 1 600 килограма яхăн кантăр çăвĕ тата 4.745 килограмм турантă илчĕ.

Колхоз çавăн пекех государствăна çĕнĕ хакпа аш-какай нумай сутрĕ.

**Х. ЛИСИН.**

## Тăрăшса ĕçлекен киномеханик

Петр Ильич Бротов юлташа Канаш, Шăхасан тата Тăвай районĕсенчи колхозниксем пурте тенĕ пекех пĕлеççĕ. Вăл 1929 çулта киномеханиксен курсĕнчен вĕренсе тухнă та çав çулах ноябрĕн 10-мĕшĕнче Юмансăр ялĕнче пĕрремĕш хут киносеанс ирттерне Унтанпа пĕр улшăнмасăр киномеханик пулса ĕçлет.

Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче П. Бротов юлташ фронтра çапăçакан совет вопнĕсене тĕрлĕрен кинокартинăсем кăтартса хавхалантарнă. Вăрçăра аманнă хыççăн та хăй юратнă ĕçе пăрахман Киле таврăнсанах киномеханик пулса ĕçлеме тытăннă. Вăл кăтартакан кино сеансем яланах пĕр кăлтăксăр иртеççĕ. 24 çул хушшинче П. Бротов юлташ 26 киномеханик вĕрентсе хатĕрленĕ, вĕсенчен 17-шĕ халĕ те ĕçлеççĕ.

1929 çултан пуçласа 1953 çула çитиччен П. Бротов 7 163 сеанс ирттернĕ. Кино кăтартмалли задание срокчен тата ытлашшипех тултарса пырать.

**В. КРАСНОВ.**

## Вылăхсем туянаççĕ

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Районти колхозниксем вылăх-чĕрлĕх нумай туянаççĕ Васнарта иртнĕ уйăхра 11 хуçалăх ĕне туянчĕç. Кунсăр пуçне, сысна усрасси те иртнĕ çулхинчен нумай ÿсрĕ. Халĕ ялта сысна усраман хуçалăх çукпа пĕрех.

**Л. НИКОЛАЕВ.**

## Урăх çĕршывсенчи литература

# Писателĕн хаяр сăмахĕ

Урăх çĕршывсенчи литература издательстви Чехословаки писателĕ Франтишек Бубка çырнă калавсене уйрăм сборник туса пичетлесе кăларнă. Çак калавсене пурне те хальхи тапхăрта тĕп вырăнта тăракан темăпа—миршĕн пыракан кĕрешÿ çинчен çырнă. Писатель ку калавсемшĕн Чехословакин мир ячĕпе паракан нациллĕ премине илме тивĕçлĕ пулнă.

Франтишек Бубка—Чехословакири палла писательсенчен пĕри Вăл нумай курнă, нумай тÿснĕ çын. Иккĕмĕш тĕнче вăрçи умĕн вăл Совет Союзĕнче пулнă. Çакăн хыççăн Кубка вырăс халăхне, совет культурине пĕтĕм чунтан хисеплесе кăмăллама пуçланă. Çавăн чухнех вăл социализм тăвакан совет халăхĕ çинчен паха очерксем çырнă, вĕсене уйрăм кĕнеке туса кăларнă.

Чехословаки халăхĕ фашистла агресси пĕрремĕш мăшкăлĕ пулса инкек курнă. Вăл юлă оккупаци вăхăтĕнче çав тери йывăр хĕн-хур, калама çук пысăк асап тÿснĕ. Çавăнпа ĕнтĕ патриотсем империалистла пусмăрçăсене çав тери курайми пулса çитнĕ. Халĕ Америка миллиардерĕсем гитлерла çара çĕнĕрен ура çине тăратма тăрăшаççĕ, хĕвелтухăçне хирĕç вăрçă похочĕ пуçласа яма укçалла сутăннă çынвĕлересен çĕнĕ бандисене хатĕрлеççĕ.

Асрав кайми Фучик «Çынсем, тимлĕ пулăр», тесе каласа хăварнă. Çав шухăш Франтишек Бубкăн кашни калавĕнчех сисĕнсе тăрать. Унăн калавĕсене вуланă чухне эпир Бубка çынна мĕн тери хĕрÿллĕн юратнине уççăн туйса тăратпăр. Остравăри ватă шахтер, Версальри садовник, Корейăн паттăр вонне е Варшавăри работница—Бубкăшăн пурте пĕр пекех хаклă. Вĕсем çинчен вăл пурин çинчен те ырă та ăшă кăмăлпа çырать. «Аслă Кроутил мучи» ятлă калавра автор ялхуçалăх кооперативне кĕнĕ ватă хресчен мĕнле иккĕленсе тăни çинчен çырса кăтартать.

Акă старик патне çула май пĕр сехетлĕхе унăн ывăлĕ—пограничник кĕрсе тухать. Апат çиме ларсан, Кроутил мучие унăн ывăлĕ американецсем эсэсовецсене тĕрмерен ирĕке кăлара-кăлара яни çинчен пĕлтерет.

— Çав ирĕке кăларнисенчен нумайăшĕ кунта. пирĕн патра пулнă, пирĕн çынсене çаратнă, вĕлернĕ,—тет çамрăк пограничник. — Американецсем нимĕçсене ахаль мар хĕçпăшаллантараççĕ, вĕсем, нимĕçсенчен сурăх кĕтĕвĕ туса, çав кĕтĕве пирĕн çĕр çине кĕртсе ярасшăн, вĕсем эпĕ хураллакан аслă чикке пăсасшăн. Ĕçсем çапла, атте...

— Ун пек тума парас пулмасть! — тет ватă Кроутил чышкипе сĕтеле çапса.— Мĕн те пулин тăвасах пулать вĕсене хирĕç!

«Метрикăлла свидетельство» калавра ĕçсем çĕнĕрен чĕрĕлсе çĕкленекен Варшавăра пулса иртеççĕ. Варшавăра миршĕн вĕрешекенсен конгресĕ пырать. Америка журналисчĕ Джемс Эватт суйса, элеклесе çеç çырма вĕреннĕскер, Пĕрлешÿллĕ Штатсен конгресс ĕçĕсем çинчен суйса çырнă корреспонденци ярса парать. Çакăн хыççăн Эватт тĕлĕнмелле çĕнĕ хыпар шырама тухса каять: такам ăна Маршалковски урамри пĕр стройкăра каменщица пулса... Ян Собесский корольăн правнучки (ачийĕн ачин хĕрĕ) ĕçлет, тесе пĕлтернĕ. Акă вăл ăна тĕл пулать Елена Завадская йăрăс пÿллĕ, хура куçлă хитре хĕр, кăвак блуза тăхăннăскер. Эватт ыйтнипе хăйĕн тăванĕсем тата çывăх çыннисем çинчен каласа парать. Ун сăмахĕсем хĕвеланăçĕнчи империалистсене. вĕсен Польшăри тата Германири сутăнчăк тарçисене хаяррăн пырса тивеççĕ. Çав тискер юнĕçенсем Еленăн сакăр тăванне тата çывăх пĕлĕшĕсене вĕлернĕ.

Юлашкинчен Елена Завадская хаяр сиĕлĕпе тата çав тери йĕрĕнсе Эватта çапла калать: «Польшăри ĕççыннисем сире тата сирĕн тарçăрсене пĕтĕм чун-чĕререн курайманççĕ. Халĕ эпĕ сирĕнтен уйрăлатăп, эсир те каятăр. Кайăр часрах, тухса кайăр Варшавăран».

Писатель хăйĕн «Версальри сад ăсти» тата «Смит мистерăн йăл-кулли» ятлă калавĕсене те çав тери пысăк ăсталăхпа тата хытă тăрăхласа çырнă.

Америка генералĕ Версальри кермене пăхкаласа çÿрет. Хĕллехи илемлĕ куп, паркри пас тытнă чечек йăранĕсем, чаплă фонтансем генерал кăмăлне çемçетсех янă. Вăл хăйне пĕрле çÿрекен çынсене пурне те ăсатса арăмĕпе çеç тăрса юлнă.

Акă çак мăшăра хирĕç аллейăн пĕр вĕçĕнче чаплă паркра çур ĕмĕр ытла ĕçленĕ ватă сад ăсти тĕл пулать. Эпир ун ятне пĕлместпĕр. Автор ун урлă пире пруссаксен тата гитлерла оккупантсен мăшкăлне нумай тÿссе курнă аслă француз халăхне, Париж Коммуни халăхне кăтартса парать.

Сад ăсти генерала, кунта, Париж таврашĕнче, мĕн интереслентерни çинчен пĕлесшĕн.

Генерал старике мăнаçлăн пĕлтерет:

— Эпир Европăна коммунизмран хăтаратпăр, тет.

— Астăвăр-ха эсир çавсене! Эппин, эсир вырăссене хирĕç каясшăн? Темĕн çав, пĕлместĕп, улталайăр-ши пирĕн халăха. Пирĕн çынсем, пĕлессĕр килсен, юратаççĕ вырăссене. Вырăссем пулман пулсан, гитлеровецсем каяс çукчĕ кунтан, ĕненĕр мана. Апла пулсан, эсир вырăссене хирĕç тăратăр? Ну, çук, господа, улталаймăр пире! Сирĕн хыççăн каяс çук эпир.

Германи ыйтăвĕ хальхи вăхăтра питĕ çивĕч ыйту пулса тăрать. Америка империалисчĕсем Германие пайлани, ун хыççăн çĕршывăн Хĕвеланăç пайĕнче нацистла преступниксене ирĕке кăларни, çара каллех ура çине тăратма тăрăшни—халăхсене тивĕçлипех тарăхтарать. Кубкăн «Лорелей» тата «Тума тивĕçлĕ ĕçе туни» ятлă калавĕсем Америка реакцийĕн Хĕвеланăç Германири усал ĕçĕсене тăрă шыв çине кăлараççĕ. «Тума тивĕçлĕ ĕçе туни» калавра писатель Рур магначĕсем гитлерла çара туса хурас ĕçре мĕнле пысăк вырăн йышăнса тăни çинчен тата хальхи вăхăтра Хĕвеланăç Германие мĕнле хĕçпăшаллантарни, çавăн пекех ĕлĕк эсэсовец пулнă çынсем, Америкăн оккупаци влаçĕсем пулăшнипе, Хĕвеланăç Германире çĕнĕрен туса хуракан дивизисен тĕп вăйĕ пулса тăни çинчен çырса кăтартать.

«Лорелей» калавра автор Хĕвеланăç Германире пурăнакан Эрнст Кнабе студентăн пурнăç шăпине пит лайăх кăтартса панă. Боннри университетран кăларса янă хыççăн, Кнабе çынсене тĕрлĕ çĕре ертсе çÿрекен гид пулса тăрать. Кунĕ-кунĕпе вăл туристсене ертсе çÿрет, вĕсене Германи историне каласа парать, авалхи кермесемпе соборсене кăтартать. Анчах та нумай çĕре Эрнста кĕртмеççĕ, Америкăран килнĕ туристсене хăйсене çеç кĕртсе яраççĕ Ун пек вырăнсенче нимĕçсене кĕме юрамав зона туса хунă. «Эрнст Кнабе, çакна курса çÿренĕ хыççăн, вăл хăйĕн тăван çĕршывĕнче ют çĕршыв çынни пулса тăнине ăнланса илчĕ», тесе çырать Бубка.

Çăсăх Кнабе çар мундирĕ е ахаль тумтир тăхăннă туристсем пĕри те турист мар, бизнесменсем пулнине ăнланса илет.

Анчах та пĕррехинче пурнпе те тĕплĕн интересленекен çын килет. Вăл — американец, капитан, Фипис ятлăскер, Эрнстпа пĕрле Рейн тăрăх çÿреме тухса каять. Вăл пурне те пĕлесшĕн,, нумай ыйтса тĕпчет, Кнабе пăхмасăр калакан сăвăсене те тимлĕн итлет Рейн юханшывĕн чи анлă тĕлне çитсен, вĕсем пăрахут çинчен анаççĕ те Лорелей ятлă чул сăрт сывăхĕнче, çав тери илемлĕ те хăпкă вырăнта çака йывăççи айне ларса апатланаççĕ. Кнабе нимĕçсен чаплă поэчĕ Генрих Гейне çырнă сăвăсене пăхмасăр калама пуçлать.

Мистер Фипс йăл кулса итлет те бакалне сÿлелле çĕклет.

— Сирĕн таса чĕрĕршĕн ĕçетĕп!—тет вăл.—Ĕçĕр, çамрăк çынсем. Эсир мана манăн аслă йытта аса илтеретĕр. Уйăх тухнине курсан, вăл та çав тери хавасланса вĕрет.

— Тĕлĕнмелле ку танлаштаруран.

— Тепĕр хут калатăп, эп поэт мар. Анчах та Америка кунта Рейн çинче çирĕпленсе ларни мана чунтан савăнтарать. Çак юханшывшăн эсир французсемпе пин çул хушши тавлашса пурăннă. Халь акă йăлтах майлашрĕ. Халь—эпир кунта!

Нимĕç çамрăкĕ Эрнст. Кнабе «питĕ хĕрÿллĕскер, анчах та вăйсăр çын пулнă»,—тесе çырать автор. Апла пулин те аллинчи эрех кĕленчипе мистер Фиппс пуçне çапса çĕмĕрме вăй та. хăюллăх та çитернĕ вăл Çавăн пекех нимĕç халăхĕ те американецсен ирсĕр планне хапăл туса йышăнмасть. Усал хуçи ырă кÿршисем çинелле ĕскĕртекен йытă вырăнĕнче пулас килмест унăн. Халăхсем халь ĕлĕкхинчен нумай ăслăрах. Америка империалисчĕсем халĕ хăйсем валли мĕн хушнине пурне те тума хатĕр тăракансене Рейнăн леш енче те, ку енче те çăмăлах шыраса тупма пултараймаççĕ.

Франтишек Кубкăн «Сеултан килнĕ студент» ятлă калавĕ халĕ, Корейăра тупăсем кĕрлеме чарăннă вăхăтра, тискер агрессорсене уйрăмах хаяррăн питлет. Вулакан куçĕ умне Америкăри çар полицийĕн майорĕ Джон Хоулер тухса тăрать. Корейăна вăл хăйĕн чинне ÿстерме тата кĕсйине доллар чыхса тултарма килнĕ. Çапăçу хирĕнчен аякра. хăрушă мар çĕрте—тылра Хоулер ним айăпсăр çынсене «партизансем» тесе, ватти-çамрăккине пăхмасăр пере-пере вĕлерет. Хăйпе пĕрле вăл яланах сыпиксем çинчен çырнă романсем тата виски (эрех) илсе çÿрет, чунне вĕсемпе йăпатать. «Вăрçă часах пĕтмесен, эп самаях пуятăп та хамăрăн штата таврăнатăп»,—тесе ĕмĕтленет Хоулер.

Пĕррехинче, тул çутăлас умĕн, ун патне хĕнесе, тумтирĕсене хывса-çурса пĕтернĕ чăн-чăн партизансене илсе пыраççĕ. Хăйне хураллакансем нумайăн пулнă пулин те, «хăюллă» майор партизансен сыхса лартнă аллисене салттарма хăрать, çаплипех ыйтса тĕпчеме шутлать. Партизансен руководителĕ, çамрăкскер, акăлчанла калаçма пĕлет иккен. Хоулер унтан: «Эе ăçта акăлчанла калаçма вĕреннĕ?» тесе ыйтать.

— Сеулти университетра,—тет студент.

— Партизан пулма кам хушрĕ сире?

— Эпир хамăрăн тăван çĕршыва юратни...

— Мĕнле эсир, кĕлмĕçсем, пире хирĕç тăма хăятăр? Епле-ха вылăх вырăнне урапа туртса çÿрекен корееццем Пĕрлешÿллĕ Штатсен президентне хирĕç тăма хăяççĕ?

— Хăяççĕ çав, хăвăрах куратăр. Тата ахаль çеç мар, алла хĕçпăшал тытсах вĕрешеççĕ.

Корейăн паттăр ывăлĕ çапла çирĕп те хăюллăн калаçнине тÿссе тăраймасăр Хоулер урса каять те, тыткăна лекнĕ партизанăн пуçне çапса çурма хушать.

Хăйĕн юнлă ĕçне тунă хыççăн Хоулер, ним пулман пекех, алла «Нью-Йорк таймс» хаçат тытса, биржăсен сводкисене вулама пуçлать.

Бубкăн кашни калавĕнче чăн-чăн пурнăç курăнса тăрать, вĕсене автор çав тери тĕрĕс, хальхи тапхăрти чи паллăрах событисемпе çыхăнтарса çырнă. Унăн калавĕсем хăйсен политикăлла çивĕчлĕхĕпе тата этем чунне пырса тивме пултаракан художествăлла хăватлăхĕпе ирĕклĕ калăхсене тимлĕ пулма вĕрентеççĕ, Америкăри вăрçă чĕртсе яма тăрăшакансен хура ĕçĕсене тăрă шыв çине кăлараççĕ, мирлĕ пурнăça сыхласа хăварассишĕн паттăррăн кĕрешме вĕрентеççĕ.

Кубкăн калавĕсене унăн тăван çĕршывĕнчи миршĕн тата тĕрĕслĕхшĕн тăракан мĕнпур çынсем ăшшăн, хапăл туса йышăннă. Чехословаки писателĕ çырнă паха калавсене пирĕн совет çĕршывĕнчи вулакансем те хапăлласах вуласа тухаççĕ.

**А. БОБРОВСКИЙ.**

# Вăрман хатĕрлевĕнче ĕç тухăçлăхне ÿстерер, халăх хуçалăхне йывăç ытларах парар

## Вăрнар вăрманпромхозĕнче

* * *

## Мĕнпур ĕççене хамăр вăйпа тăвăпăр

Вăрман хатĕрлекен промышленность çултан-çул хăватлă техникăпа пуянланса пырать. Сăмахран, 1950 çулта Вăрнар вăрманпромхозĕнче йывăç касса хатĕрлес ĕçе 33 процент механизациленĕ пулсан, иртнĕ çулта 50,6 процент механизмсен вăйĕпе каснă. Кăçал вара ку ĕçе 80 процента яхăн механизацилесе çитернĕ. Каснă йывăçа тиесе турттарас тата пушатас ĕççене те, пĕтĕмĕшпе илсен, механизмсен вăйĕпе тăватпăр. Кăçал, акă, мĕнпур турттармалли ĕççен 90 процентне ытла механизмсен вăйĕпе туса пыратпăр.

Анчах та ĕçе тĕрĕс организацилейменнипе пула пирĕн вăрманпромхоз кăçалхи пĕррремĕш çур çулта шалти мĕнпур майсемпе кирлĕ таран усă кураймарĕ. Çав сăлтавпа пĕррремĕшпе иккĕмĕш кварталсенче тумалли ĕççен планне тултараймасăр пычĕ.

Дирекципе парторганизаци парти райкомĕ пулăшнипе шалти мĕнпур резервсене тĕпчесе вĕренчĕç, предприяти ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе конкретлă ĕççем туна палăртрĕç. Эпир хамăр мĕнпур вăйсене тепĕр хут пăхса тухса участоксем тăрăх тĕрĕсрех пайласа тухрăмăр, механизмсене лайăхрах усă курмалли майсене палăртрăмăр. Парторганизаци ертсе пынипе коммунистсемпе комсомолецсем тата мĕнпур актив коллективра социализмла ăмăртăва анлăн сарса ячĕç.

Çапла вара çĕнĕлле ĕçлени результачĕ часах палăрчĕ. Эпир юлашки вăхăтра чылай ухшăну турăмăр Кăçалхи декабрĕн 1-мĕшĕ тĕлне вăрманпромхоз вăрман касмалли çулталăкри плана 101,7 процент, турттармалли плана 95,7 процент, вăл шутран механизмсемпе турттармалли плана 95,5 процент тултарчĕ Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсовет III-мĕш кварталти ĕççем тăрăх пирĕн вăрманпромхоз лайăх ĕçленине палăртрĕç.

Ĕç тухăçлăхĕ ÿссе пырать. Анчах та эпир паян кун хамăрăн шалти мĕнпур резервсемпе мĕн май пур таранах туллин усă куратпăр теме пултаратпăр-и-ха? Калас пулать, усă курман майсем пирĕн тата та сахал мар. Тĕслĕхрен, вăрманпромхоз БТ-12 тракторсемпе тухăçлăн усă кураймасть. Каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли çулталăкри плана 38 процента яхăн кăна тултарнă. Кун пек çитменлĕхсем пирĕн тата пур.

Нумаях пулмасть СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ «Вăрман хатĕрлекен промышленность юлса пынине пĕтересси çинчен» постановлени йышăнчĕç. Çак пысăк пĕлтерĕшлĕ документра усса палăртнă çитменлĕхсем пирĕн вăрманпромхоза та тÿррĕнех пырса тивеççĕ.

Механизмсемпе усă курассине лайăхлатас, ĕç тухăçлăхне ÿстерес тата производствăри пур операцисене те çыхăнуллă туса пырас тесе çĕнĕ, циклла меслетпе усă курма кирлĕ çинчен кăтартса панă çĕнĕ постановленире. Ку меслетпе усă курни мĕнпур работниксен ответлăхне ÿстерсе пыма май парать, дисциплинăна çирĕплетме, ĕç тухăçлăхне нумай ÿстерме пулăшать. Çапла вара сахалтарах вăйпах мĕнпур ĕççене вăхăтра та йĕркеллĕ туса пыма пулать. СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ вăрман хатĕрлекен промышленноçра циклла меслетпе ĕçлеме кăтартса панине пирĕн коллектив пысăк хаваслăхпа кĕтсе илчĕ.

Пирĕн вăрманпромхозра вăрман пункчĕсем виççĕ. Çак уйăхра кашни пунктри пĕрер участока циклла меслетпе ĕçлемелле тăватпăр 1954 çулхи январь уйăхĕнче Аштăрпа Машавăшри пунктсенче пĕтĕмĕшпех циклла меслетпе ĕçлеме тытăнатпăр. Аштăрпа Машавăш пункчĕсенче халĕ çĕнĕ меслет çине куçас тĕлĕшпе пысăк ĕççем туса иртереççĕ.

1954 çултан пуçласа вăрманпромхоз коллективе йывăç турттарас ĕçе пĕтĕмпех хăйĕн вăйĕпе, колхозсене хутшăнтармасăрах пурнăçлама пуҫчĕ. 1955 çулта вара йывăç хатĕрлемелли мĕнпур операцисене сезонниксемсĕрех тума задача лартнă. Ăна пурнăçа кĕртме пултаратпăр. Мĕншĕн тесен циклла меслет çине куçни пирĕн рабочисен творчествăлла активлăхĕпе пуçарулăхне ÿстерме, шалти мĕнпур майсемпе мĕн май килнĕ таран туллин усă курма май парĕ.

Кашни участокрах стахановецсен йышĕ хушăнса пырать. Электропăчкăпа йывăç касса хатĕрлекен П. Филиппов, Н. Мазаев, З. Николаев юлташсем сменăри нормăна яланах 125—137 процент тултараççĕ В. Викторов, Н. Иванов, П. Осипов шоферсем 133—182-шер процентран кая мар тултараççĕ. Яланхи кадрсенчен 73 проценчĕ ĕç нормине ирттерсе тултарать.

Хăватлă техникăпа туллин усă курса, социализмла ăмăртăва анлă сарса, коллективăн творчествăлла активлăхне вăйлатса пыратпăр.

**П. ФЕДОРОВ,**
вăрманпромхозри главнăй инженер.

* * *

## Планран ирттерсе вуншар пин кубометр

Вăрман касакансем татти-сыпписĕр йывăç хатĕрлеççĕ. Пирĕн задача — çав хатĕр йывăçа хăвăртрах турттарса тухса кирлĕ çĕре ăсатасси.

Пирĕн вăрманпромхозра хатĕр йывăçа чугун çул патне тĕрлĕ механизмсемпе турттарса кăлараççĕ. Вĕсем хушшинче автомашинăсем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Автомашинăсем пирĕн сахал мар. Анчах та пĕр сменăпа ĕçлесен, çав тери нумай йывăçа нелпе те турттарса çитерме çук. Эпир автомашинăсене икшер сменăпа ĕçлеттеретпĕр.

Автомашинăсем çине йывăç тиеме сынсем уйăрнă. Тиес ĕçе те, пĕтĕмĕшпе илсен, механизациленĕ. Тиекенсем хăш автомашина мĕн вăхăтра çитессине пĕлсе тăраççĕ, машина лартмалли вырăна лайăх хатĕрлеççĕ. Пушатнă çĕрте те ĕçе хăвăрт тумалли майсемпе усă куратпăр.

Çапла вара пирĕн автомашинăсем тиенĕ е пушатнă çĕрте кĕске вăхăт хушши кăна чарăнса тăраççĕ, ытти вăхăта çул çинче, рейсра ирттереççĕ. Тиесе пушатнă вăхăтра шоферсем автомашина пайĕсене тĕрĕслеççĕ, пĕчĕк ремонтсем тăваççĕ е тата, кирлĕ пулсан, автокранпа ĕçлекенсене пулăшаççĕ. Смена улшăннă чух та шоферсем автомашинăна тытса тăмаççĕ. Пĕр шофер таврăннă çĕре тепри яланах хатĕр тăрать.

Механизмсем юсакан мастерской хăйĕн ĕçне лайăхлатрĕ. Машинăсемпе механизмсене юсама кирлĕ хăшпĕр пайсене мастерскойра тăваççĕ.

Шоферсем пурте социализмла ăмăртса ĕçлеççĕ, пĕр-пĕрне пулăшаççĕ, автомашинăна çÿретмелли правилăсене çирĕп тытса пыма тăрăшаççĕ. Вĕсем кашни çула аван пĕлсе тăраççĕ.

Пирĕн вăрманпромхоз пĕррремĕшпе иккĕмĕш кварталсенче йывăç турттарса кăлармалли плана тултараймарĕ Ĕçе тĕрĕсрех йĕркелени, механизаторсем хушшинче социализмла ăмăртăва вăйлатни виççĕмĕш кварталта ĕç тухăçлăхне чылай хăпартма пулăшрĕ.

Уйрăмах Ф. Степанов, П. Осипов, В. Аполлонов, И. Иванов, Г. Миронов, Ш. Газошвили, В. Викторов, А. Родионов шоферсем паха тĕслĕхсем кăтартнине палăртас пулать. Вĕсем çулталăкри нормăна чылай ирттерсе тултарчĕç. А. Шамбова ертсе пыракан крановщиксен бригади сменăри нормăна 120—125 процент тултарса пырать.

Шоферсем тăрăшса ĕçленĕ хушăрах хăйсен квалификацийĕпе пĕлĕвне ÿстереççĕ. Вĕсене вĕрентме ятарласа занятисем ирттеретпĕр. Ун пек занятисенче шоферсем пĕр-пĕрин опычĕпе паллашаççĕ, çĕнĕ механизмсене вĕренеççĕ. Уйрăм шоферсем рабочисене автомашина ĕçне вĕрентеççĕ.

Йывăç турттарассине пирĕн шоферсем хисеплĕ те ответлă ĕç вырăнне хураççĕ Вĕсем кашни минутпа туллин усă курма тăрăшаççĕ. Пирĕн Тăван çĕршывра тăрăшса ĕçлени кашни çынна паха тивлет кÿрет. Шоферсем аван условисенче пурăнаççĕ, ĕç укçи çителĕклĕ илеççĕ.

Халĕ, Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе пысăк программăна пурнăçланă тапхăрта, эпир колхозсенчен туртăм вăйĕ ыйтмасăрах, хамăр хатĕрсемпе йывăç турттарса тăма пултăмăр. Ăна пурнăçлама пирĕн пур условисем те çителĕклĕ. Механизмсем хушăнса пыраççĕ, рабочисен хастарлăхĕ ÿсет.

Автоçул коллективĕ умра тăракан задачăсене чыслă пурнăçласа пырĕ, автомашинăсене татти-сыпписĕр, тухăçлă ĕçлетерĕ.

**А. ЗАЙЦЕВ,**
автоçул начальникĕ.

Вăрнар вăрманпромхозĕн лайăх ĕçлекен шоферĕсенчен пĕри И. И Иванов юлташ. Вăл çулталăкра йывăç турттармалли задание октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне 133 процент тултарнă

* * *

## 1954 çулшăн ĕçлетпĕр

Аштăрти вăрман пункчĕ йывăç хатĕрлемелли çулталăкри плана октябрĕн 15-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ Механизмсемпе усă курмалли задание 115,5 процент пурнăçланă. Халĕ пирĕн пункт 1954 çулшăн ĕçлет.

Производство планне тултарас тĕлĕшпе çакăн пек çитĕнÿ туни ахальтен килмен. Пирĕн коллектив механизмсемпе туллин усă курма пĕлнине лайăх кăтартса пачĕ. Рабочисем пурте социализмла ăмăртса ĕçлеççĕ Партипе правительство решенийĕсемпе хавхаланса вĕсем ĕç тухăçлăхне тăтăшах ÿстерсе пыраççĕ.

Кăçал 6 моторист, моторист помощникĕсем 7 çын вĕрентсе хатĕрлерĕмĕр. Механизаторсен техникăлла пĕлĕвне ÿстерессине ăнăçлă пулса пырать.

Август уйăхенче 70 рабочирен 65-шĕ ĕç нормине тултарчĕ. Сентябрьпе октябрь уйăхĕсенче вара рабочисем пурте тенĕ пек нормăна ирттерсе тултарчĕç.

Электропăчкăпа йывăç касса хатĕрлекен П Филиппов, А. Кошкин юлташсем, Г Викторовпа И Баторшин лавçăсем, П. Егоровпа П. Николаев йывăç чутлакансем, ахаль пăчкăпа йывăç касакансем Е. Константиновпа 3 Иванова юлташсем çулталăкри нормăна ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне тултарчĕç. Вĕсем халĕ те социализмла ăмăрту пуçĕнче пыраççĕ, сменăри нормăна яланах ирттерсе тултараççĕ.

Эпир кашни паха опыта пĕтĕçтерсе пăхса тухатпăр, ытти рабочисем хушшинче сарма тăрăшатпăр. Производствăлла канашлусем ирттеретпĕр. Унта рабочисемсĕр пуçне вăхăтлăх ĕçлекенсем те пулаççĕ. Çапла туни сезонниксене рабочисен меслечĕпе паллашма пулăшать. Халĕ вăхăтлăха килнĕ колхозниксем те нормăна ирттерсе тултаракан пулчĕç.

Пирĕн пунктра икĕ участок циклла меслетпе ĕçлеме пуçлать. Эпир хальхи вăхăтра çак çĕнĕ меслет çине куçма хатĕрленсе пыратпăр.

Партипе правительство вăрман хатĕрлекен промышленность умне пысăк задачăсем кăларса тăратрĕç. Халăх хуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсене йывăç çителĕклĕ парса тăнă вăхăтрах колхозсемпе совхозсем тата МТС-сем валли вуншар миллион кубометр строительство материалĕсем хатĕрлемелле.

Пирĕн коллектив çак задачăна яланах асра тытать. Кашни рабочи халăх хуçалăхне йывăç ытларах хатĕрлесе парассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлет.

**М. ОРЕШНИКОВ,**
Аштăр вăрман пункчĕн начальникĕ.

## Культурăлла-массăлла ĕç центрĕ

Хĕрлĕ кĕтес ĕççыннисене коммунизмла воспитани парас, дисциплинăна çирĕплетес, малта пыракан опыта сарас тĕлĕшпе хăйĕн пуçарăвне анлăн кăтартма тивĕç.

Эпĕ Машавăш вăрман пунктĕнчи хĕрлĕ кĕтес çинчен каласа парасшăн. Ун валли ятарласа пÿлĕм уйăрнă. Пÿлĕм пысăках мар, анчах ăна аван илемлетнĕ. Комсомолецсен вăйĕпе ленинла комсомол ĕçĕ çинчен, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра халăх хуçалăхĕ мĕнле аталанса пыни çинчен калакан, хăрушсăрлăх техникин правилисене ăнлантарса паракан кĕтессем турăмăр. Стенасем çине производствăра ÿсĕмсем тума, ĕç дисциплинине çирĕплетме чĕнекен лозунгсем çырса çапрăмăр.

Пирĕн рабочисенчен нумайăшĕ ĕç хыççăнхи вăхăта çакăнта ирттереççĕ ĕнтĕ. Вĕсем хаçат-журнал вулаççĕ, радио итлеççĕ, культурăлла вăйăсем выляççĕ. Пĕрле пухăнса кĕнеке вулас ĕçе те йĕркелесе ятăмăр. Илемлĕ литература кĕнекисене тăтăшах вуласси пирĕн нумай рабочисен йăлине кĕчĕ.

Рабочисем ыйтакан кĕнекесене вĕсем пурăнакан тата ĕçлекен вырăна çитерсе пама тăрăшатпăр. Çавна май куçса çÿрекен библиотекăсем турăмăр.

Хĕрлĕ кĕтес рабочисен ăмăртăвне йĕркелеме пулăшать. Машавăш пунктĕнче кăтарту хăмисем тунă. Вĕсенчен пĕрин çине участоксем мĕнле вырăн йышăннине çырса пыратпăр. Участоксенчи кăтарту хăми çинче уйрăм рабочисен ăмăртăвне кăтартатпăр. Унсăр пуçне хисеп хăми тунă. Ун çине чи малта пыракан рабочисене кĕртетпĕр.

Комсомолецсем пулăшнипе çиçĕм-хаçатсем, сатира листисем тăтăшах кăларатпăр. Унта малта пыракан рабочисен опытне кăтартнипе пĕрлех дисциплинăна пăсакансене питлетпĕр.

**В. АЛЕКСАНДРОВ,**
вăрман пунктĕнчи хĕрлĕ кĕтес совечĕн председателĕ.

Çарăклă разъездĕнче. Электрокранпа вагон çине йывăç тиеççĕ.

## Коммунист пулăшнипе

Нормăна ирттерсе тултарнăшăн мана ята вăрман пунктĕнчи Хисеп хăми çине кĕртрĕç. Пĕрремĕш вырăна опытлă электропильщик Н. Мазаев коммунист ятне çырса хунă. Çакăн пек чыса эпĕ Мазаев юлташ пулăшнипе илме пултартăм.

1951 çулта мана моторист помощникĕ пулма сĕнчĕç. Техникăна хытă юратрăм. Çавна кура опытлă коммунист Мазаев юлташ мана электропăчкăпа ĕçлеме хăнăхтарса пычĕ.

Халĕ эпĕ электропăчкă моторисчĕ пулса ĕçлетĕп. Хам тĕллĕн ĕçлеме пуçăнсан та мана Мазаев юлташ хăйĕн опычĕпе паллаштарса, кулленех пулăшса пычĕ. Халĕ эпир виççĕн электропăчкăпа йывăç касса хатĕрлетпĕр. С. Автайкин—моторист помощникĕ, В. Валерианов турат касать. Ĕç нормине 150 процентран кая тултармастпăр.

Ĕç тухăçлăхĕ пуринчен малтан механизм юсавлă пулнинчен килет. Çавна шута илсе, эпĕ электропăчкăна яланах тирпейлĕ тытатăп, ĕç хыççăн лайăх тасататăп, машина çăвĕпе сĕретĕп, унăн пур пайне те тĕрĕслесе тухатăп.

Тăван çĕршыва ытларах йывăç парасси—пысăк ĕç. Эпир сменăри нормăна ирттерсе тултаратпăр. Малашне производство заданийĕсене 150—200 процент таран тултарса пырăпăр, çулталăкри плана 150 процентран кая мар тултарăпăр.

**З. НИКОЛАЕВ,**
Машавăш вăрман пунктĕнчи моторист.

Вăрман хатĕрлекенсем пушă вăхăтра хĕрлĕ кĕтесре хаçат-журнал вулаççĕ.
УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ (сулахайран сылтăмалла): Машавăш вăрман пунктĕнчи электростанци моторисчĕ Костромкин участок мастерĕ Федоров. шофер Молчанов, десятник Уткин юлташсем.
Странипăри фотоÿкерчĕксем С. ВИКТОРИНОВАН.

## Аштăр таврашĕнче

Аштăр таврашĕнчи вăрманта ĕлĕкрех пурăнакансем пулман. Кунта пĕр-пĕр сунарçă кăна асра-тĕсре тенĕ пек кĕрсе курнă. 1950—1951 çулсенче те ку вырăнта унта-кунта пĕрер çурт кăна курăнкаланă. Çав вăхăтранпа кунта Аштăр тата Машавăш ятлă илемлĕ поселоксем ÿссе ларнă. Вăрман хатĕрлекен рабочисен поселокĕсем вĕсем.

Вăрман хатĕрлевĕнчи рабочисем мĕнпур пысăк ĕççене механизмсен вăйĕпе тăваççĕ. Кунти тавралăхра халĕ мотор сасси янăрать, электропăчкăсем татти-сыпписĕр чашлатаççĕ. Йывăç тиесе пушатмалли, турттармалли вуншар машина сасси кĕрлесе тăрать таврара.

### 1. ÇĔНĔ ПРОФЕССИ

Кăнтăрлараннах ĕнтĕ лăпкă юр çăвать. Сут çинчи хăмăсем çапах та питĕрĕнсе çитеймеççĕ-ха. Халĕ кăна çирĕпленме тытăнакан юра пĕр-пĕр автомашина вăрăмăштарса салатса хăварать. Çĕрле те лăпкă мар çулсем çинче.

Акă, Машавăш çулĕпе ЗИС-150 автомашина çиççе пырать. Автомашина умĕнчи суттăра юр пĕрчисем кĕмĕл пек йăлтăртатаççĕ. Геннадий Миронов шофер автомашинăна çивĕччĕн тыткалать, васкатать. Хăй çав хушăрах вăрманпромхозри ытти шоферсен хастарлă ĕçĕсем çинчен каласа парать.

Унра, çĕрлехи вăрман тĕттĕмĕнче, халăх икĕ çутă курăнса кайрĕ Ку вăл — хирĕç килекен автомашина çутти.

— Егоров вĕçтерсе килет, акă. Мана çул пама ыйтать,—каласать шофер.—Пирĕн йĕркисем çавăн пек, пушăлла пыракансен туллипе килекен автомашинăсене çул памалла, инкек-синкек пуласран тăванла пулăшмалла.

Пире хирĕç килекен автомашина часах вĕçтерсе иртсе кайрĕ, унăн кузовĕ çине тиенĕ йывăç вагон пысăкăшĕн курăнса юлчĕ. — Питĕ çаврăнăçуллă ĕçлет. Коммунист вăл. Ĕçре хăваласа çитме хĕн, — тет машинăна çул çине кăларнă май пирĕн шофер.—Вăл кĕçĕр 18 çухрăма тăваттăмĕш рейс турĕ ĕнтĕ. Эпĕ тăваттăмĕшне халĕ кăна каятăп. Смена пĕтиччен тепрер рейс тăвасшăн-ха.

Геннадий Миронов хирĕç пулнă тепĕр икĕ автомашинăна ирттерсе ярсан кăна хăйĕн çинчен каласа пама тытăнчĕ. Вăл Аслă Отечественнăй вăрçă фронтне каяиччен куçса çÿрекен театрта актер пулса ĕçлевĕ. Фронтран таврăнсан актер пулнипе пĕрлех автомашинăпа мотоцикл çинче çÿреме вĕренме пуçланă. Хастарлă çамрăк хăйĕн ĕмĕтне пурнăçланă. Миронов опытлă шоферпа Ивановпа ăмăртăва тухнă. Иванов, сăмахран, 10 уйăх хушшинче çулталăкри нормăна 133 процент ытла тултарнă, 1954 çулшăн нумай ĕç тунă. Миронов та унтан юлмасть.

— Эпир çак машинăпа иккĕн—Филипповпа улшăнса ĕçлетпĕр,—каласа парать Геннадий Миронов. — Машинăна яланах вăхăтра юсатпăр, ĕçре тирпейлĕ тытма тăрăшатпăр, çулсене лайăх тĕпчесе вĕренетпĕр. Вăхăтăн кашни минутне перекетлетпĕр.

Вĕсен иртнĕ çулта автомашинăсенчен суннасем кăларса турттарса кашни рейсра 25 кубометр таран йывăç тиесе тухнă. Шоферсем кăçал та çак меслетпе ĕçлеме хатĕрленеççĕ.

Миронов хăйĕн ĕçĕпе мухтанма юратмасть, вăл ытти шоферсен хастарлăхĕ çинчен ытларах каласа парать. Йывăç тиемелли вырăна çитеспе эпир унтан хăйĕн малтанхи профессийĕ çинчен каласа пама ыйтрăмăр.

— Ма, пăрахас юратнă ĕçе,—терĕ вăл хаваслă туйăмне палăртса.—Эпĕ халĕ те актер. Ыран клубра спектакль пулмалла. Хамăр коллектив лартать. Тен, сцена çинче мана та курăр. Мĕнле вылятăп — хакне хăвăр парăр...

### 2. ХĔРСЕН БРИГАДИНЧЕ

Йывăç склачĕ патне çитсен, Миронов машинăна каялла çаварма тытăнчĕ. Автомашинăна часах хĕрсем сырса илчĕç.

— Сулахаярах, — аллисемпе штурвал пăрнă пек туса кăтартать пĕри машина хыçĕнче. Шофер кабинăран пăхапăха машинăна чакарать.

Автомашина татса купаланă йывăç купи çумне пырса чарăнать. Мотор сÿнет. Шофер вăрăм шнура батарейăпа çыхăнтарать. Шнурăн тепĕр вĕçĕнчи электролампочка çутăлса каять.

— Кирлĕ мар çутатма. Ахалех лайăх куратпăр. Уйăх сутти сан лампăчкуран вăйлăрах,—шÿтлеççĕ хĕрсем.

— Чипер хĕрсен илемĕ тата лайăхрах курăнтăр. Уйăх сутти ытла салхурах. Манăн лампочка савăнăçлăрах сутатать, — ответлет шофер. Хăй çавăнтах автомашина айне кĕрсе каять, унăн пайĕсене тĕрĕслеме тытăнать.

Кунта йывăçа автокранпа тиекенччĕ. Халĕ крановщицăсем урăх вырăна куçнă. Йывăç нумай мар, çитменнине йывăр йывăççемех çук. Çавăнпа та хĕрсем хальхинче автокрана куçарса чăрманман алăпа тиеме пулнă. Икшерĕн-икшерĕн тытса çĕклесе хĕрсем автомашина çине йывăç тиеççĕ. Шофер та пулăшма васкать. Вера Игнатьева кузов çинчи йывăçа вырнаçтарать. Машина çинче йывăç купи хăвăрт ÿссе пырать.

— Сакăр кубометр пулчĕ. Çитет, хĕрсем,—кăшкăрать сумка çакнă хĕрача Анна Григорьева.—Васка, шофер, чугун çул çине! Акă Аполлонов та çитет.

Часах смена улшăнмалла. Анчах хастарлă хĕрсем ывăнни сисĕнмест. Бригадир Анна Шамбова хĕрсене хавхалантарать. Çĕрле ĕçлени хĕрсене пĕртте кичемлентермест иккен.

— Савнусене салам калăп,—тесе хăварать шофер,—хăвăра илме килнĕ чухне вĕсене те лартса килетĕп...

Машина йывăррăн тапранать. Аслă вăрман шавлать. Мотор сасси пысăк заводсем кĕрленине аса илтерет. Тăван çĕршывăн кирек хăш кĕтессинче ĕçлесен те совет çыннишĕн кичем мар.

### 3. ТĂВАН КИЛ

Шофер пире хăйĕн хваттерне кайма пыма ÿкĕтленĕччĕ. Вăл халĕ те çула май çавнах калать. Эпир Машавăша кайма шут тытнине пĕлсен, вăл машинине чарчĕ те пире ăнлантарма пуçларĕ:

— Мĕн тăвас тетĕн ĕнтĕ сирĕнпе. Çак сукмакпа çур çухрăм утма тивет. Акă, çитес вăхăтрах, Егоров шофер пек, хама валли «Победа» туянатăп.

Сукмакпа пĕртак утсан, чăн та вăрман витĕр вуншар электролампочка çутисем вĕтĕлтетме пуçларĕç.

Часах поселок варрине çитрĕмĕр. Вăрман хатĕрлекен рабочисен поселокĕ çутă-лать кăна. Шкул. Столовăй. Фельдшер пункчĕ. Обществăлла мунча. Общежитисем.

Рабочисен киноран саланаççĕ. Вĕсем çĕнĕ кинокартина çинчен пĕр-пĕрне хăйсен шухăшĕсене савăнăçлăн каласа параççĕ. Уйрăмах çамрăксем нумай кунта.

— Эпĕ хĕрлĕ кĕтесе каятăп. Сывă пул,—тет пĕри.

— Эпĕ киле кĕрем-ха, — терĕ те тепĕр çамрăкĕ, общежити енне кайрĕ.

Ку çурта кĕрсен — вăрман хатĕрлекенсен баракне кĕнĕ пек мар. Хулари общежитине аса илтереççĕ илемлĕ те таса пÿлĕмсем. Кашнинех çĕнĕ те илемлĕ тимĕр кроватьсем панă. Вĕсене ăста, пĕр пек тирпейленĕ. Кроватьпе кроват хушшисенче — тумбочкăсем. Выртмаллисем тап-таса. Пÿлĕм варрине сĕтелсем лартнă. Сĕтелсем çинче тата кашни тумбочка çинчех тенĕ пек — кĕнекесем, çырмалли япаласем.

Ку вăхăтра кашни пÿлĕмрех темиçешер çын кĕнеке-журнал вулать. Виталий Валерианов комсомолец пĕр хулăм кĕнеке вуласа ларать. Çак çамрăка кăнтăрла вăрманта курнăччĕ. Вăл унта электропăчкăпа ĕçлетчĕ. Çав сменăра икĕ норма тултарнăччĕ вĕсен бригади ун чухне. Кĕнĕ çынсене асăрхасан, Виталий часах калаçăва хутшăнчĕ.

— Пирĕнтен кашнинех вуншар тĕрлĕ кĕнекесем вуласа тухнă,—терĕ вăл ыйту çине ответленĕ май. Вăл унта хăй çак хушăра вуланă кĕнекесене шутласа кăтартрĕ. «Порт-Артур», «Шурă хурăн», «Абай» вуласа тухнă çамрăк.

— Пирĕн кунти çитменлĕхсем çинчен калас килет, — терĕ Виталий, вăрманпромхоз директорĕн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ еннелле çаврăнса. — Кунта нумайăшĕ — комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксем. Анчах пире «Комсомольская правда» тата «Çамрăк коммунист» хаçатсене çителĕклĕ çырăнтарса памаççĕ. Ку—пĕрре, Иккĕмĕшĕ — радио ĕçлеменни. Юлашки хыпарсене вăхăтра пĕлсе тăраймастпăр. Техникăлла литература та ытларах кирлĕ. Пĕр кĕнекене темиçен пĕр харăс вулама тивет..

Виталий Валерианов 10 çул вĕреннĕ хыççăн кунта ĕçлеме килнĕ. Хастарлă комсомолец хăйне ĕçре палăртнă. Парти кандидатне кĕме хатĕрленнĕ май вăл политикăлла кĕнекесем те нумай ыйтать.

Федор Гурьев та кунта вăтам шкултан вĕренсе тухнă хыççăн ĕçлеме килнĕ. Вăл тăрăшса ĕçленĕ хушăрах аслă шкула вĕренме кайма хатĕрленет, çине тăрсах вĕренет.

— Пирĕн пата, вăхăтлăха тесе, договорпа ĕçлеме килеççĕ. Вара, вăрман хатĕрлемелли техникăна вĕренсе çитеççĕ те—кунтан кайма та шутламаççĕ, — каласа парать çамрăксем çинчен вăрман участокĕн начальникĕ Топриков. — Акă, сăмахран, Василий Гончаров улттăмĕш уйăх ĕçлет, договора пурнăçласан та вăрмантан кайма шутламасть. Ĕçлессе питĕ аван ĕçлет.—кăтартать начальник «Чăнчăн этем çинчен çырнă повесть» вуласа ларакан çамрăк çине кăтартса.

ФЗО шкулĕнчен вĕренсе килнĕ Владимир. Семенов, сезонник пулнă Константин Никитин—мотористсем, пултаруллă механизаторсем пулса тăнă Вĕсем хăйсен квалификацине ÿстерсе пыраççĕ.

**Н. НИКИТИН,**
**М. ВАСИЛЬЕВ.**

# ООН Генеральнăй Ассамблейин VIII-мĕш сессийĕ

НЬЮ-ЙОРК, декабрĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Декабрĕн 7-мĕшĕнчи пĕрлехи ларура Генеральнăй Ассамблея ытларахăш сасăпа «Ирĕксĕр тутаракан ĕç пуррине çирĕплетсе панисем» çинчен текен ыйту тăрăх виççĕмĕш комитет тăратнă резолюци проектне çирĕплетнĕ. Сасăлассин сăлтавĕсем тăрăх тухса каласа, СССР представителĕ Г. Ф. Саксин Совет Союзĕн делегацийĕ çак резолюцие хирĕç сасăласси çинчен пĕлтернĕ. Вăл Америка делегацийĕ ирĕксĕр тутаракан ĕç текенскерĕ çинчен тăратнă ыйту элеклĕ тата тенденциллĕ шухăшлă пулса тăнине палăртса, çапла каланă: çак пĕтĕм «ыйтăва» СССР-па халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç шухăшласа кăларнă суя сăмахсемпе усал элексем тăрăх тунă. Çакна ку ыйтăва виççĕмĕш комитетра сÿтсе явнă чухне чылай делегатсем тĕплĕн каласа çирĕплетсе панă. СССР представителĕ çакна кăтартса панă: Совет Союзĕ 1951 çултах тĕрлĕ çĕршывсенчи ĕç условийĕсене тĕпчесе вĕренес тĕлĕшпе ĕçлекен пĕтĕм тĕнчери авторитетлă комисси тăвасси çинчен сĕнÿ панă. Вăл комисси ĕçне профсоюзсемпе çыхăнса тăман тата капитализмлă çĕршывсенчи рабочи класăн пурнăçĕ çинчен тăракан ыйтупа нихăш енчен те çыхăнса тăман уйрăм çынсем мар, тĕрлĕрен çĕршывсенчи ĕççыннисен профсоюзĕсен представителĕсем хутшăнмалла.

СССР, Украина ССР, Белорус ССР, Польшăпа Чехословаки делегацийĕсем сÿлте кăтартнă резолюци проекчĕпе килĕшмен тата ăна хирĕç сасăланă. 12 çĕршыв представителĕсем — Афганистан, Аргентина, Бирма, Египет, Индонези, Иран, Ирак тата ытти çĕршывсен представителĕсем—нихăш майлă та сасăламан. Виçĕ делегаци сасăлана çĕре хутшăнман.

Çак ларура Англипе Америка блокĕ виççĕмĕш комитет тепĕр ыйту тăрăх тăратнă резолюци проекчĕшĕн те сасăланă. Ку ыйтăва та, малтанхи ыйту пекех, икĕпитленсе ят панă: «Тыткăна лекнĕ çар çыннисем тĕлĕшпе тăракан ыйтăва мирлĕ майпа татса памалли мерăсем». Сасăлассин сăлтавĕсем пирки тухса каласа, СССР представителĕ С. К. Царапкин совет делегацийĕ çак резолюци проектне хирĕç сасăласси çинчен пĕлтернĕ. Вăл çакна кăтартса панă: США делегацийĕ ООН Уставĕн 107-мĕш статьине пăсса çак ыйтăва пăхса тухма тăратнă. Мĕншĕн тесен, Устав тăрăх, иккĕмĕш тĕнче вăрçинче тыткăна лекнĕ çар çыннисем çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн право çук. Царапкин, Америка делегацийĕ сĕннĕ ыйту шухăшласа кăларнă суя ыйту пулса тăнине палăртса, çакна кăтартса панă: çак ыйтăва Америкăри реакциллĕ ушкăнсем СССР-па халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç тăшманла пропаганда туса пырас тĕллевне туса хатĕрленĕ.

Ассамблея ытларахăш сасăпа çавăн пекех экономикăпа финанс ыйтăвĕсем тĕлĕшпе ĕçлекен комитет пĕчĕк процентлă тата нумай вăхăтлăха кăларнă заемсен специальнăй фондне тăвасси çинчен тата пĕтĕм тĕнчери финанс корпорацине тăвасси çинчен тăратнă резолюцие те çирĕплетнĕ. СССР, Белорус ССР, Украина ССР, Польшăпа Чехословаки делегацийĕсем çак резолюцие пĕтĕмĕшле сасăланă чух нихăш майлă та сасăламан. Ку ыйтăва экономикăпа финанс ыйтăвĕсем тĕлĕшпе ĕçлекен комитетра сÿтсе явнă чухне начар аталаннă çĕршывсенĕ экономика тĕлĕшĕнчен аталантарас ĕçре пулăшас шутпа практикăлла сĕнÿсем пама, начар аталаннă çĕршывсем валли пĕтĕм тĕнчери суту-илÿ енĕпе тĕрĕс условисем тума палăртнă пунктсемшĕн совет делегацийĕ сасăлани çинчен пĕлтернĕччĕ ĕнтĕ. Çак резолюцисенче начар аталаннă çĕршывсене экономика е çар тĕлĕшпе тĕрлĕ требованисем йышăнтарассинчен хÿтĕлекен пунктсем çук. Çавăнпа та асăннă делегацисем (СССР, Украина ССР, Белорус ССР, Польшăпа Чехословаки) çак резолюцисене пĕтĕмĕшле сасăланă чухне нихăш майлă та сасăламан.

Ассамблея çавăн пекех экономикăпа финанс ыйтăвĕсем тĕлĕшпе ĕçлекен комитет ООН-ăн Корейăна юсас тĕлĕшпе ĕçлекен органĕн генеральнăй директорĕ тунă доклад тăрăх хатĕрленĕ резолюцие те çирĕплетнĕ. СССР, Польша, Чехословаки, Украина ССР тата Белорус ССР представителĕсем çак резолюцие сасăланă чухне нихăш майлă та сасăламан.

НЬЮ-ЙОРК, декабрĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Декабрĕн 8-мĕшĕнче ирхине пулнă пĕрлехи ларура Генеральнăй Ассамблея Ливие пулăшу парасси çинчен тăракан ыйту тăрăх иккĕмĕш комитет тăратнă резолюцие çирĕплетнĕ. СССР, УССР, БССР, Польшăпа Чехословаки делегацийĕсем çак резолюцие сасăланă чухне нихăш майлă та сасăламан. Хăшпĕр государствăсем Ливирен хăйсене экономика, политика тата çар ыйтăвĕсем тĕлĕшпе пама требовани лартассĕ. Вăл резолюцире вара Ливие çав требованисене йышăнтарассинчен хăтаракан нимĕнле пунктсем те çук. СССР, УССР, БССР, Польшăпа Чехословаки делегацийĕсем иккĕмĕш комитетра çак резолюци проектĕнче Ливие пулăшу пама палăртакан пунктсемшĕн сасăланă.

Ун хыççăн Ассамблея Кăнтăр Африкăри раса хирĕçĕвĕсем çинчен тăракан ыйту тăрăх специальнăй Политикăлла комитет тăратнă докладпа резолюцие пăхса тухнă. Çак резолюцин проектне, паллă ĕнтĕ, 17 çĕршывăн делегацийĕ тăратнă пулнă.

Кăнтăр-Африка Союзĕн представителĕ специальнăй Политикăлла Комитетăн резолюцине хирĕç тухса каланă. Вăл хăйĕн резолюци проектне сĕннĕ. Çав резолюци проектĕнче вăл: Ассамблея ку ыйтăва пăхса тухма пултараймасть, тесе йышăнма сĕнÿ панă. Инди, Пакистан тата Сири делегацийĕсем специальнăй Политикăлла комитетăн резолюцийĕ майлă тăнă, вĕсем Кăнтăр Африка Союзĕн резолюци проектне хирĕç тухса каланă.

Кăнтăр-Африка Союзĕн резолюци проектне хирĕç 42 сасă пулнă. Вăл шутра СССР, УССР, БССР, Польша, Чехословаки, араб çĕршывĕсен, Азири тата Латинла Америкăри çĕршывсен ытларахăшĕн делегацийĕсем ăна хирĕç сасăланă.

Колониллĕ державăсен делегацийĕсем нитĕ хытă тăнине пăхмасăр, Ассамблея ытларахăш сасăпа (38 сасă) специальнăй Политикăлла комитетăн резолюци проектне йышăннă.

Ун хыççăн Генеральнăй Ассамблейăра пăхса тухма Африкăри эйве ăрăвне тата Того территорине, Англипе Франци аллинче тăраканскерсене, пĕрлештересси çинчен тăваттăмĕш комитет сĕннĕ ыйтăва тăратнă.

Генеральнăй Ассамблея 46 сасăпа резолюцие йышăннă 9 делегаци нихăш майлă та сасăламан. Ку резолюци Англипе Франци Того ĕçĕ тĕлĕшпе ĕçленĕ пĕтĕмĕшле совета тепĕр хут тума сĕнет.

СССР, УССР, БССР, Польшăпа Чехословаки делегацийĕсем çак резолюци майлă сасăланă. Колониллĕ державăсен представителĕсем, вăл шутра США, Англи тата Франци представителĕсем нихăш майлă та сасăламан.

Тогора пурне те тивĕç суйлав правин системине тума Англипе Франци сĕнекен резолюцие Генеральнăй Ассамблея ытларахăш сасăпа çирĕплетнĕ. Ку резолюцишĕн 52 делегаци, вăл шутра СССР, УССР, БССР, Польша тата Чехословаки делегацийĕсем сасăланă.

Генеральнăй Ассамблея çавăн пекех Англи Того территорийĕн пĕр пайне. Англи аллинче тăраканскерне, тытса илме плансем тунă май тăваттăмĕш комитет йышăннă резолюцине пăхса тухнă Англи Тогона Англин Золотой Берег ятлă колонийĕпе «администраци союзĕ» текенскерĕпе витĕнсе пĕрлештерме палăртать. Ку резолюцин тĕп пунктĕнче çапла каланă: Тогона Золотой Берег колонипе вĕсем хăйсен управленине е никама пăхăнманлăхне тăвиччен, çапла майпа пĕрлештерни вĕсен принципĕсене тата пĕтĕм тĕнчери опека системин тĕллевĕсене хирĕç пынă пулĕччĕ Колониллĕ державăсем хеснине пула, çак пункта кăларнă. Кун хыççăн резолюци колониллĕ державăсемшĕн юрăхлă пулса тăнă. Вара вĕсем çав резолюцишĕн сасăланă.

## Кăнтăр Корейăн тыткăнри çар çыннисем килĕсене таврăнма килĕшмеççĕ

ПЕКИН, декабрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Америка енĕ Кăнтăр Корейăн тыткăнри çар çыннисем хушшинче—30 çын хушшинче ăнлантару ĕçне туса ирттернĕ. Анчах тыткăнри çар çыннисенчен нихăшĕ те репатриациленме килĕшмен.

Халиччен ăнлантаруллă каласусене Сонкокни лагерĕнче пурăнакан Кăнтăр Корейăн 328 тыткăнри çар çыннинчен 160 çар çынни хутшăннă. Вĕсенчен пĕри те Кăнтăр Корейăна таврăнма килĕшмен.

## Хĕвеланăçĕнчи виçĕ державăн Бермуд утравĕсем çинчи канашлăвĕ хупăннă

НЬЮ-ЙОРК, декабрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентстви США, Англи тата Франци правительствисен пуçлăхĕсен канашлăвĕ çинчен юлашки пĕлтерни пичетлесе кăларнă. Ăна паян Эйзенхауэр, Черчилль тата Ланьель ячĕпе (Ланьель, паллă ĕнтĕ, пĕр ларура кăна пулнă тата пĕрре те тухса каламан) пичетлесе кăларнă.

Пĕлтернинче çапла каланă: канашлăва хутшăннисем хăйсен вăйне «мирпе хăрушсăрлăхăн шанчăкĕ» тесе шутлаççĕ, малашне те «çак вăя малалла ÿстерсе пырас тĕллевпе» вăй хурса ĕçлесси çинчен пĕлтереççĕ. Малалла çакна палăртнă: Сурçĕр Атлантика блокĕ текенскерĕ канашлу участникĕсен политикин никĕсĕ пулса тăрать. Канашлура пăхса тухнă ыйтусене илсе кăтартнă, уйрăммăн илсен, Германи ыйтăвне, «Европăри оборона пĕрлешĕвĕ» çинчен тăракан ыйтăва, Инçет Хĕвелтухăçĕнчи лару-тăрăва, Индо-Китайри ĕçсем çинчен пăхса тухни çинчен каланă.

Тăватă державăн Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен канашлăвне пухасси çинчен Совет Союзĕ панă нота çине ответ парас пирки пĕлтернинче çапла каланă: ответсен текстĕсене ырланă, «вăл ответсем ют çĕршыв ĕçĕсен тăватă министрĕн тĕлпулăвне часах пухма май памалла».

Пĕлтернинче канашлу участникĕсем хушшинче хирĕçÿсем пурри çинчен систерсе каланă: «Европăри оборона пĕрлешĕвĕ» тĕлĕшпе Франци мĕнле позици тытса пынине кăтартса панă.

## Иранри лару-тăру

ПАРИЖ, декабрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Тегеранран пĕлтернĕ тăрăх, студентсем Англипе Иран хушшинче тепĕр хут дипломатиллĕ çыхăнусем тытма пуçланине хирĕç протестлесе демонстраци ирттернĕ хыççăн, Тегеранăн çар губернаторĕ пĕлтерни пичетлесе кăларнă. Унта вăл «йĕркене пăсакансене» арестлессипе тата Иранăн кăнтăрти районĕсене ссылкăна ярассипе хăратать.

Корреспондент çапла пĕлтерет: Иран çарĕн офицерĕсемпе салтакĕсем хушшинче 6 çынна арестленĕ. кăшни кун тухакан 5 хаçата тата эрнере пĕр хутчен тухса тăракан журнала вăхăтлăха кăларма чарнă.

## Финлянди сеймне салатса янă

ХЕЛЬСИНКИ, декабрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Государство совечĕн паянхи чрезвычайнăй ларăвĕнче республика президенчĕ Паасикиви сейма салатса яма тата сеймăн суйлавĕсене срокчен—1954 çулхи мартăн 7-мĕшĕпе 8-мĕшĕнче ирттерме йышăннă.

Паллă ĕнтĕ, сеймăн черетлĕ суйлавĕсем 1954 çулхи июль уйăхĕн пуçламăшĕнче пулмалла пулнă.



Чехословаки Республики. Галантски районĕнчи (Словаки) Долни Салибы ялĕнчи кооператив универмаг уçнă. Магазинта куллен кирлĕ япаласене пурне те илме пулать. Кунта апат-çимĕç, килте кирлĕ япаласем, сĕтел-пукан, кĕнекесем тата ытти таварсем те сутаççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: ялти кооперативăн универмагĕнче.

Чехословаки телеграф агентствин фотоÿкерчĕкĕ.

## Чехословакири миршĕн тăракансен комитет президиумĕн ларăвĕ

ПРАГА, декабрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Прагăра Чехословакири миршĕн тăракансен комитет президиумĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Президиум Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн Вена хулинче пулса иртнĕ пиллĕкмĕш сессийĕн ĕçĕсене сÿтсе явнă тата решени йышăннă. Çав решени тăрăх миршĕн тăракансен облаçсенчи мĕнпур комитечĕсен çĕршыври ĕççыннисене сесси материалĕсемпе паллаштарас шутпа кампани пуçласа ямалла.

Халăхсем хушшинчи туслăха çирĕплетес тĕллевпе, президиум çавăн пекех 1954 çулта Англи писателĕ Фильдинг вилнĕренпе 200 çул тултарнине, А. П. Чехов вилнĕренпе 50 çул тултарнине, Чехи композиторĕ Дворжак вилнĕренпе 50 çул тултарнине тата Греци драматургĕ Аристофан çуралнăранпа 2 400 çул тултарнине анлăн паллă тума йышăннă.

## Куллен кирлĕ таварсем туса кăларасси ÿсет

ВАРШАВА, декабрĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Польша Халăх Республикинчи вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕ куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине çултан-çул ÿстерсе пырать, çавăн пекех вĕсен ассортиментне ÿстерет тата таварсен пахалăхне лайăхлатса пырать. Çапла, кăçал кăна вырăнти промышленноçăн предприятийĕсем халăха кирлĕ 700 ытла çĕнĕ йышши тавар. кооперации предприятийĕсем—250 яхăн çĕнĕ йышши тавар туса кăларма пуçланă Вăл шутра килсуртра кирлĕ таварсем нумай. Вăл таварсем хушшинче—çĕвĕ çĕлемелли машинăсем, сĕтел-пукан, пÿлĕмре усă курмалли вентиляторсем, электричество вăйĕпе ĕçлекен пылесоссем тата ытти машинăсем. Быдгошски воеводствинчи вырăнти промышленность предприятийĕсем 210 яхăн тĕрлĕ йышши тавар туса кăлараççĕ.

Юлашки уйăхсенче предприятисенче 37 йышши çĕнĕ тавар туса кăларма пуçланă.

Кăçал вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕ комплектлă сĕтел-пукан, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 55 процент, кавирсем—92 процент, пианинăсем—46 процент, сĕтел çине лартмалли лампăсем 62 процент ытларах туса кăларнă Çавăн пекех халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларасси те ÿснĕ.

Çак кунсенче Польшăри промысла кооперацийĕ çулталăкри производство планне срокчен тултарни çинчен пĕлтернĕ. Çак çул вĕçлениччен çĕршыври кооперации предприятийĕсем планран ирттерсе 1 300 миллион злотыйлăх тавар туса кăлараççĕ.

## *Америкăпа Пакистан хушшинчи çар союзне хирĕç протестлеççĕ*

ДЕЛИ, декабрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Индири общественность Пакистанпа Америка хушшинче çар союзĕ тăвасси çинчен калаçусем ирттернине хирĕç хаяррăн протестлет. «Дейли таймс» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, «Азири тăванлăх организацийĕн» председателĕ Мауляна Тадж Мохаммед Халил пичет представителĕсене çапла пĕлтернĕ: Америкăн Пакистанри çар базисем «Азири миршĕн яланхи хăрушлăх пулса тăрĕç», тенĕ.

Хаçат çавăн пекех Инди парламенчĕн депутачĕ Браджесвар Прасад Инди премьер-министрĕ Неру патне янă уçă çырăва пичетленĕ. Çырура çапла каланă: «Пакистан территорийĕ çинче Америкăн çар базисене тумалли план Индири, çавăн пекех Пакистанри пĕрлĕхпе ирĕклĕхшĕн пысăк хăрушлăх пулса тăрать.. Америкăн Пакистанри базисем—Инди çине тĕплĕн хатĕрленсе наступлени тунин пуçламăшĕ».

«Амрита базар патрика» хаçат редакци çырнă статьяра Вăтам Хĕвелтухăçĕпе Кăнтăр-Хĕвелтухăç Азири çĕршывсенчи хаçатсем пичетленĕ çырусене илсе кăтартать. Вăл çырусем Пакистанпа Америка хушшинче çар союзĕ тăвассине хирĕç протестлес юхăм анлăн сарăлнине кăтартса параççĕ.

## Ливанри учительсен забастовки

ПАРИЖ, декабрĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС) Франс Пресс агентствин Бейрутри корреспонденчĕ çапла пĕлтерет: государство шкулĕсенчи преподавательсем ĕнер забастовка пуçланă. Забастовка тăвакансем хăйсен пурнăç условийĕсене лайăхлатма требовани лартаççĕ.

Триполипе Сайда хулисенчи забастовкăсем пĕтĕмĕшле забастовкăсем пулса тăраççĕ.

## КАПИТАЛ ÇĔРШЫВĔСЕНЧИ ЗАБАСТОВКĂСЕМ

БРЮССЕЛЬ. «Драпо руж» хаçат Бельгири ĕççыннисен забастовкисем çинчен пĕлтерет. Вĕсем ĕç укçи ÿстерессишĕн тата ĕç условийĕсене лайăхлатассишĕн кĕрешеççĕ.

Ĕç укçи ÿстерессишĕн кĕрешсе, декабрĕн 5-мĕшĕнче Зелери (Лимбург провинцийĕ) цинк заводĕнчи рабочисем забастовка пуçланă. Ăна предприятире ĕçлекен католикла профсоюзăн руководителĕсем чарнине пăхмасăр пуçланă.

Галенри хăма çуракан заводри (Лимбург провинцийĕ) рабочисен забастовки активлă иртнĕ. Забастовка çичĕ кун хушши пынă. 8-мĕш кунне предприятисем рабочисем ĕç укçи ÿстерессипе çинчен лартнă требованне пурнăçланă, вĕсем забастовкăна хутшăннă рабочисене айăпламастпăр тесе сăмах панă.

МОНТЕВИДЕО. Бунта пир-авăр промышленноçĕнчи, транспортри тата кирпĕч завочĕсенчи рабочисен забастовки малалла пырать. Вĕсем ĕç укçи ÿстерме требовани лартаççĕ. Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, декабрĕн 7-мĕшĕнче Уругвайри ĕççыннисен пĕтĕмĕшле союзне кĕрекен профсоюзсем тата профсоюз юхăмĕн пĕрлĕхĕшĕн тăракан автономиллĕ профсоюзсем, забастовка тăвакан рабочисемпе пĕр шухăшкăмăллă пулнине палăртса, 24 сехетлĕхе пĕтĕмĕшле забастовка пуçланă. Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, забастовкăна 100 пин рабочие яхăн хутшăнать.

БЕЙРУТ. Бейрутри радио пĕлтернĕ тăрăх, Басрыри (Ирак) нефть промыслисенчи рабочисен нумаях пулмасть пуçланнă забастовкине Перси заливĕн çыранĕ тăрăхĕнче вырнаçнă Фао ятлă нефть районĕпе портĕнче ĕçлекенсем те хутшăннă. Забастовка тăвакансем ĕç укçи ÿстерме, рабочисене медицина пулăшăвĕ пама, вĕсене профсоюзсем тума ирĕк пама требовани лартаççĕ.

Декабрĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС).

## „Колхозник“ спорт обществин отчетпа суйлав пухăвĕсем

1951 çулта Чăваш республикинче «Колхозник» спорт обществине организациленĕ. Çак обществăна тунăранпа ялти спортсменсен шучĕ 22.000 çынна çитнĕ. Ялсенче спорт тата организацилле-массăлла ĕçсем чылай лайăхланнă.

Колхозсенчи пиншер çамрăксем ГТО нормисене панă, çĕршер çамрăксем — спортсмен-разрядниксем пулнă.

Чăваш республикинче СССР тава тивĕçлĕ спорт мастерĕ А. Игнатьев, ялсенчи чи лайăх спортсменсем Р. Бикчурин, Р. Камалтдинов, Г. Юрьева, И. Антонова, В. Захаров, П. Бакарзев, Т. Порфирьева тата ыттисем те ÿссе çитĕнчĕç. Вĕсем ССР Союзĕнче малти вырăна тухассишĕн РСФСР командине кĕрсе темиçе хут та кĕрешнĕ. Çавă пирĕн республикăри колхозлă ялсенче совет спорчĕн традицийĕпе мухтавне ÿстерме пултаракан çамрăксем нумайăйине кăтартса парать.

Республикăри чылай колхозсенче «Колхозник» спорт обществин физкультура коллективĕсем аван ĕçлеççĕ. Ун пек колхозсен правленийĕсем физкультурăпа спорт ĕçĕ çине тимлĕн пăхаççĕ, стадионсемпе площадкăсем тума пулăшаççĕ, обществăн юридически членне кĕрсе, физкультура коллективĕсем валли спорт инвентарĕ илме укçа-тенкĕ уйăрса параççĕ. Çакăн пек районсен шутне чи малтан Чкаловски, Улатăр тата Первомайски районĕсем кĕреççĕ.

Çапах та общество ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур.

1953 çулта республикăри общество Совечĕн президиумĕ спорт ĕçне ертсе пырассине чылай вăйсăрлатнă, физкультура коллективĕсенчен уйрăлса кайнă, пур ĕç те хăй тĕллĕн пулса пырасса шанса ларакан пулнă.

Чылай районсенче общество совечĕсем вырăнти Совет, партипе комсомол организацийĕсенчен пулăшу илеймен пирки ĕçлеме пăрахнă. Сĕнтĕрвăрри, Кувакино, Çĕмĕрле, Куславкка. Итлей. Етĕрне. Елчĕк. Тăвай. Шăмăршă тата ытти районсенчи колхозсенче массăлла спорт ĕçне туса пымаççĕ. Обществăн юридически членне хăшпĕр колхозсем çеç кĕнĕ, анчах вĕсем те общество уставне пурнăçласа пымаççĕ.

1951 çулта организациленĕ физкультура коллективĕсенче те спорт ĕçне вĕренессине организацилемен, спорт площадкисем тума тытăнман, спорт инвентарĕ туянман. Физкультура ĕçне ертсе пыракан кадрсене вĕрентсе хатĕрлес тĕлĕшпе нимĕнле ĕç те туман.

Культура çуртĕсемпе вулав çуртĕсем халăха физкультурăпа спорт çинчен ăнлантарса памаççĕ. Фотовитринăсем, физкультура вечерĕсем организацилемеççĕ, художествăлла пултарулăх вечерĕсен программинче спортсменсем хăйсен пултарулăхне кăтартассине йĕркелемен.

Тĕрĕссипе илсен, 1953 çулшăн ГТО значокĕсене илме тата спортсмен-разрядниксем пулма нормăсем партармалли заданине нихăш районта та пурнăçламан. Чылай районсенче комсомол комитечĕсем физкультурăпа спорт коллективĕсене тивĕçлипе пулăшмаççĕ.

Республикăра 97 ялпо, вĕсенчен 11-шĕ çеç обществăн юридически членне кĕнĕ. Колхозсенчи физкультура коллективĕсене спорт инвентарĕ парса пулăшни пысăк вырăн йышăнса тăрать. Апла пулин те, суту-илÿ организацийĕсем ялти магазинсене спорт инвентарĕ кÿрсе пырас ĕç çине тимлĕн пăхмаççĕ.

Хуласенчи физкультура организацийĕсемпе спорт обществисен ялсенчи коллективсене çирĕплетес ĕçре пысăк пулăшу памалла. Анчах çак ĕç калама çук çителĕксĕр пулса пырать.

Чылай колхозсенче тата çавăн пекех хăшпĕр районсенче физкультурăпа спорт ĕçĕ çине сиелтен пăхаççĕ. Савна пула кăçал «Колхозник» спорт общести уйрăмах çителĕксĕр ĕçленĕ.

1954 çулхи январĕн 20-мĕшĕччен пур çĕрте те «Колхозник» спорт обществин отчетпа суйлав пухăвĕсем пулса иртеççĕ. Февралĕн 5-мĕшĕччен обществăн районсенчи пухăвĕсем пулмалла.

Çав пухусене малтанах лайăх хатĕрлесе обществăн Центральнăй Совечĕ палăртнă вăхăтра ирттермелле. Критикăпа самокритикăна анлăн сарса, çамрăксене хĕллехи спорт сезонне ăнăçлăн ирттерме, хĕллехи спорт ăмăртăвĕсене массăллăн хутшăнтармалла.

Партипе правительство халăх ырлăхĕшĕн тăрăшнине хавхаланса, çĕнĕ ÿсĕмсем тăвасси—кашни спортсменăн физкультура работникĕпе активистăн тивĕçĕ.

Г. ХАЙКИН.

## ВТО Чăваш уйрăмĕн конференцийĕ

Шупашкарта Пĕтĕм Российăри Театральнăй обществăн Чăваш уйрăмĕн конференцийĕ пулса иртрĕ.

Конференцире ВТО Чăваш уйрăмĕн Правленийĕн ĕçĕсем çинчев правлени председателĕ, Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артисчĕ Б. С. Марков юлташ отчет туса пачĕ.

Б. С. Марков юлташăн отчетлă докладĕ тăрăх Чăваш АССР искусствисен тава тивĕçлĕ деятелĕ Г. В. Морджович, Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артистки М. Е. Баширская, Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артисчĕ Г. Ф. Фадеев, артистсем П. И. Козоровицкий, Н. С Славатинский, режиссерсем В. П. Команов, А. М. Харабуга, ВТО представителĕ Л. Н. Васильева тата ытти юлташсем тухса каларĕç Вĕсем çакна палăртрĕç: ВТО Чăваш уйрăмĕ республикăри театрсен ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе творчествăлла работниксен вăйне çителĕклĕ пĕрлештереймен, республикăри театрсен коллективĕсем пĕр-пĕринпе çыхăну тытни сахал, лартма хатĕрлесе çитернĕ спектакльсене пĕрле пухăнса сÿтсе явмаççĕ. Театрсенче актерсемпе режиссерсен ăсталăхне ÿстерес тĕлĕшпе ĕçлессине тивĕçлипе йĕркелесе яман; театрсем драматургсемпе кирлĕ пек çыхăну тытмаççĕ, пултарулăх коллективĕсене çителĕклĕ пулăшса тăмаççĕ

Чăвашсен колхоз театрĕн артисчĕ Н. А. Андреев юлташ ВТО Чăваш уйрăмĕ тата Чăвашсен государство академи театрĕпе республикăри Вырăс театрĕн коллективĕсем колхоз театрне ĕçре сахал пулăшни çинчен каларĕ.

Конференци ВТО Чăваш уйрăмĕн ĕçне малалла лайăхлатма тивĕçлĕ решени йышăнчĕ. правленин çĕнĕ составне суйласа хăварчĕ.

Çĕнĕрен суйланă правленин малтанхи ларăвĕнче ВТО Чăваш уйрăмĕн правлени председателĕ пулма Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артистне Б. С. Марков юлташа суйланă.

### КОЛХОЗ ТЕАТРĔН ПОСТАНОВКИСЕМ

СОВЕТСКИ. Республикăри куçса çÿрекен колхоз театрĕн коллективĕ çак кунсенче районти колхозсене гастроле килчĕ. Вăл районти культура çуртĕнче тата Шверник ячĕпе, Свердлов ячĕпе тăракан колхозсенче «Çĕр çинчи рай» ятлă спектакле лартса пачĕ. Спектакль куракансене питĕ килĕшрĕ.

Н. АНДРЕЕВ.

## Йĕпреç районĕнче

☆ **Техникăлла культурăсем параççĕ.** Районти колхозсем государствăна йĕтĕн вăрри тата махорка памалли плана чылай ирттерсе тултарчĕç. Сталин ячĕпе тăракан колхоз государствăна йĕтĕн вăрри памалли плана 300 процент тултарчĕ. Çав колхоз государствăна махорка парса, 140 пин тенкĕ тупăш илчĕ.

Махорка памалли плана «Путиловка», «Искра» тата Калинин ячĕпе тăракан колхозсем те ирттерсе тултарчĕç.

☆ **Радио кĕртеççĕ** Юлашки çулсенче чылай колхозсенче радио калаçма пуçларĕ Кăçал Киров ячĕпе тăракан колхозри чылай колхозниксем «Спотара» вăрман заводĕнчи радиоузелтан, «Правда» колхозри колхозниксем Йĕпреçри радиоузелтан хăйсен килĕсене радио кĕртрĕç.

Халĕ Сталин ячĕпе. Киров ячĕпе тăракан, «Путиловка». «Правда» колхозсенчи колхозниксен килĕсенче радио калаçать.

Крупская ячĕпе тăракан колхозри колхозниксем те радио кĕртме хатĕрленеççĕ. Чылай колхозсенчи колхозниксен килĕсенче «Родина», «Урал», «Тула» радиоприемниксем пур

☆ **Çĕнĕ çуртсем.** Районти чылай колхозсенчи колхозниксем хăйсем валли çĕнĕ пÿртсем лартаççĕ Юлашки икĕ çул хушшинче Киров ячĕпе тăракан колхозри 34 колхозник хăйсем валли çĕнĕ çуртсем лартрĕç.

Ворошилов ячĕпе тăракан. «Путиловка», «Новая жизнь» колхозсенчи вуншар колхозниксем çĕнĕ пÿртсем лартрĕç.

Чернореченск. Мерчĕк. Дубровнăй вăрман участокĕсенче. Йĕпреç тата Буинск поселокĕсенче рабочисемпе служащисем валли çĕнĕ çуртсем лартнă. Йĕпреçри чугун çул çинче ĕçлекенсем валли икĕ хутлă икĕ чул çурт лартнă. Халĕ çавăн пек тепĕр çурт лартаççĕ.

Г. РУСАНОВ.

## *Пĕлтерни*

Декабрĕн 11-мĕшĕнче. 19 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче диалектикăлла тата историлле материализма вĕренекенсем валли лекци пулать Лекци теми: «Всеобщая связь и взаимообусловленность явлений в природе и обществе».

Лектор—М. Ф. Фадеев юлташ

* * *

Декабрĕн 11-мĕшĕнче. 19 сехетре. КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче парти историне вĕренмелли пĕрремĕш тата иккĕмĕш çул ĕçлекен кружоксен руководителĕсен семинаресем пулаççĕ.

Семинарсен руководителĕсем — А З. Орленко тата З И Федорова юлташсем.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧЕ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — декабрĕн 11-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Не называя фамилий»

ЧАСАХ — чăвашла спектакль «Аслати çулĕпе».

Спектакль 19 сехет те 30 минутра пуçланать.

### КИНО

«УДАРНИК» — декабрĕн 11-мĕшĕнче Австрире ÿкернĕ çĕнĕ илемлĕ фильм «Франц Шуберт».

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-09, обзорсен пайĕ—5-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—3-54, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 09666 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2977. Тираж 20.000 экз.